ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Май 15 ЭРНЕКУН № 95 (9004)

36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.



## Çураки планне хăвăртрах тултармалла

Пирĕн республика хамăрпа кӳршĕллĕ тăван республикăсемпе—Мордва тата Мари республикисемпе социализмла ăмăртăва тухса, пысăк обязательствăсем илчĕ. Пирĕн кăçал кашни гектартан вăтам шутпа тĕштырă 16 центнертан кая мар, йĕтĕн сӳсĕпе йĕтĕн вăрри 4,1 центнер, кантăр вăрри 4 центнер, кантăр сӳсĕ 4,3 центнер, махорка 15 центнер, хăмла 7 центнер, çĕрулми 150 центнер, нумай çул ӳсекен курăксен вăрри 1,5 центнер пухса кĕртмелле.

Çак обязательствăсене чыслăн пурнăçлассишĕн кĕрешсе, республикăри малта пыракан колхозсем çураки планне хăвăрт тултарса пыраççĕ. Красноармейски районĕнчи «Партизан», «Путь Ленина» колхозсем ир акакан пĕрчĕллĕ культурăсене агротехникăлла чи лайăх сроксенче — çуракине тухсан малтанхи 6—7 кун хушшинче акса хăварчĕç. Ку районти партипе совет организацийĕсем, колхоз председателĕсемпе ялхуçалăх специалисчĕсенчен чылайăшĕ колхозсенче çураки ĕçĕсене йĕркелесе ертсе пырас тĕлĕшпе хăйсен организациллĕ ĕçне пысăк ответлăхпа туса пыраççĕ. Çанталăк пĕрмаях улшăнса тăнă пирки çураки ĕçĕсене хăвăрт ирттерме йывăртарах пулчĕ пулсан та, Красноармейски районĕнчи колхозсенче майăн 10-мĕшĕ тĕлне çурхи тырăсем акмалли плана 67,2 процент, тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем акмалли плана 82,5 процент, вăл шутра çурхи тулă акмалли плана 83,3 процент тултарчĕç. Çакăнпа пĕрлех районти колхозсем нумай çул ӳсекен курăксемпе пĕр çул ӳсекен курăксене агротехникăлла чи паха сроксенче акса пычĕç. Силос культурисем, тымарçимĕçсем, техникăлла культурăсем акас ĕçе тата çĕрулми лартас ĕçе кунтан кун вăйлатса пыраççĕ.

Çураки планне ăнăçлă тултарассишĕн пыракан социализмла ăмăртура Калинино, Элĕк, Комсомольски, Шăхасан, Елчĕк районĕсенчи нумай колхозсемпе МТС механизаторĕсем вăйлă кĕрешеççĕ. Юлашки пилĕккунлăхра вĕсем çураки ĕçĕсене пысăк хăвăртлăхпа туса пычĕç.

Анчах та уйрăм колхозсемпе районсенче çураки ĕçĕсене кăштах хăвăртрах туса пыма пуçлани ялхуçалăхĕнчи çак питех те ответлă ĕçе эпир кăçал ăнăçлă туса пынине пĕлтермест-ха. Пачах урăхла. Çураки планне тултарассипе пирĕн республика кăçал питĕ кая юлчĕ. Тĕштырăсемпе пăрçа йышши культурăсем, нумай çул ӳсекен курăксемпе пĕр çул ӳсекен курăксем акмалли сроксем кăна мар, тымарçимĕçсем, кантăр, уйрăмах йĕтĕн акмалли агротехникăлла чи лайăх сроксем те иртсе кайрĕç. Çавăн пекех çĕрулми лартмалли чи лайăх вăхăт та иртсе пырать.

Çураки ĕçĕсем юлса пынине хăшпĕр районсенче çанталăк пĕрмай улшăнса тăнипе витме пăхаççĕ. Çакă вăл пачах тĕрĕс мар. Малта асăннă районсенчи колхозсен ĕçĕ çавăн пек шутлавине йăлтах пăрахăçлать: Ялхуçалăх культурисем акса хăварасси агротехникăлла сроксенчен юлса пынине çанталăк условийĕсенче мар, колхозсемпе МТС-сене ертсе пырассинче пысăк ситменлĕхсем пурринче, çав ситменлĕхсене чылай районсенче халĕ те пĕтерме тăрăшманнинче курас пулать.

Акă, илĕпĕр Етĕрне районне. Çураки пуçланнăранпа виçĕ эрне ытла иртрĕ пулсан та ку районта çураки планне 30,8 процент кăна тултарнă. Нумай колхозсен руководителĕсем кунта çураки хăвăртлăхне ӳстерессишĕн пачах тăрăшмаççĕ. Калинин ячĕпе тăракан колхоз майăн 10-мĕшĕ тĕлне пĕрчĕллĕ тырăсем пачах акман. Колхоз председателĕ Рыбаков юлташ çурхи тырăсене акас ĕçе организацилемесĕр тăрса, паллах, политикăлла тимсĕрлĕх кăтартать.

Ялхуçалăх культурисем акас тĕлĕшпе, çавăн пекех, Улатăр, Пăрачкав, Çĕмĕрле, Тăвай, Ишлей, Хĕрлĕ Чутай районĕсем питĕ юлса пыраççĕ. Ку районсенче иртнĕ пилĕккунлăхра çураки ĕçĕсен хăвăртлăхĕ ӳссе мар, чакса пычĕ. Çĕмĕрле районĕнчи колхозсем çак асăннă кунсенче 2.454 гектар кăна акнă. Район çурхи тулă акассипе юлса пырать, нумай çул ӳсекен курăксем акмалли плана 37,1 процент кăна тултарнă, силос культурисемпе тымарçимĕçсем, техникăлла культурăсем акма тытăнманпа пĕрех.

Çуракинче кăçал республикăри МТС-сем питĕ те начар ĕçлени палăрать. Нумай МТС-сем халлĕхе питĕ те сахал ĕçленĕха, Çурхи тырăсем акмалли плана пурĕ те 38,8 процент кăна тултарнă. Етĕрне, Октябрьски, Сиява, Канаш, Вăрнар, Вăрмар, Чурачăк, Сĕнтĕр тата ытти хăшпĕр МТС-сем тракторсемпе тумалли ĕçсен планне 10 процента çити те тултарман.

Машина-трактор паркĕпе туллин усă курмалла, колхозсемпе тунă договорсенче пăхнă пур ĕçсене те тĕплĕн ĕçлесе памалла, трактор бригадисем пурте çуракинче тумалли ĕçсен заданине палăртнă вăхăтсенче тата ирттерсе пурнăçламалла.

Парти райкомĕсен МТС-сен ĕçне лайăхлатас, механизаторсем хушшинче социализмла ăмăртăва вăйлатса пырас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмалла. Механизаторсем хушшинче политикăлла агитаци ĕçне вăйлатас тĕлĕшпе МТС директорĕсен политика енĕпе ĕçлекен заместителĕсен тата МТС-сенчи парторганизацисен ответлăхне хăпартмалла. Кашни колхозăн çураки планне пур культурăсем тăрăх та ăнăçлă тултармалла.

Чăваш АССР Ялхуçалăх министерствипе район Совечĕсен исполкомĕсем чылайăшĕ колхозсенче техникăлла культурăсем акса тăвас ĕçре пулнă иртнĕ çулхи ситменлĕхсенчен кăçал та нимĕнле выводсем те туман. Иртнĕ çулта техникăлла культурăсене питĕ кая юлса акнипе нумай колхозсем вĕсене тухăçлă туса илеймерĕç. Кăçал та пирĕн колхозсем çак культурăсене акассипе кая юлчĕç. Йĕтĕн акмалли лайăх сроксем тахçанах иртсе кайнă, çавăн пекех кантăр акма та кая юлса пыратпăр.

Чкаловски, Первомайски, Канаш, Элĕк, Октябрьски, Вăрмар, Çĕрпӳ районĕсенчи нумай колхозсем кантăрпа йĕтĕн вăррисене акма ситерĕклĕ хатĕрлесе хуман. Çапла пулсан та ку районсенчи колхозсем государство паракан вăрлăха илсе акас тĕлĕшпе васкамаççĕ.

Ялхуçалăх министерствипе райисполкомсем техникăлла культурăсене хăшпĕр колхозсенче агротехникăна пăсса акнине хирĕç япăх кĕрешеççĕ. Нумай колхозсем, иртнĕ çулхи пекех, кăçал та техникăлла культурăсен агротехникине пăсаççĕ, тракторсемпе усă курма май пур çĕртех, вĕсене алăпа акаççĕ.

Çавăн пек ситменлĕхсене тĕппипех пĕтерес пулать. Техникăлла культурăсене акса тумалли агротехникăлла ĕçсен пĕтĕм комплексне пурнăçламалла. Йĕтĕн, кантăр акмалли, махорка, хăмла лартмалли планĕсене кашни колхоз тăрăх çак кунсенчех тултармалла.

Çураки ĕçĕсен хăвăртлăхне ӳстерсе пырса, ситес кунсенчех кашни колхоз, район пур тĕрлĕ ялхуçалăх культурисене те акса пĕтермелле. Çакă пире тырпул тухăçлăхне ӳстерме, йышлă та тухăçлă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетме, социализмла ăмăртăва тухса хамăр çине илнĕ обязательствăсене чыслăн пурнăçлама май парĕ.

# Çураки планне пур культурăсем тăрăх та пĕтĕмпех тултармалла

★

### Выльăх апачĕ хатĕрлес ĕçе хакламаççĕ

ОКТЯБРЬСКИ, майăн 14-мĕшĕ. (Телефонпа). Выльăх апачĕ ситтелĕксĕр пулнă пирки Октябрьски районĕнчи колхозсем иртнĕ хĕлте чылай пысăк тăкаксем турĕç. Район çултан-çул обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарса пыраймасть. Выльăхсенчен илекен тупăш пысăк мар.

Çапла пулсан та районти колхозсенче, иртнĕ çулти пекех, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвас ĕçе хакламанни сисĕнет. Тымарçимĕçсем акма районта халĕ «Звезда» тата Тимошенко ячĕпе тăракан колхозсем кăна тытăннă. Вĕсем те плана тултарман.

Силос культурисене 170 гектар çине акмалла пулсан, халиччен 69 гектар кăна акнă-ха. «Победа», «Новая жизнь», «1-ое Мая», «Волгарь» колхозсенче силос культурине акмасăр тăраççĕ. Ку колхозсенче çав ĕçе вăрлăх çук пирки тăвасшăн мар, анчах силос культурисем акса хăварма государство панă вăрлăха колхоз руководителĕсем илмесĕр тăраççĕ.

Пĕр çул ӳсекен культурăсем акмалли плана та нумай колхозсем тултарман. Районти Маяковский ячĕпе тăракан, «1-ое Мая», Тимошенко ячĕпе тăракан тата «Свобода» колхозсем кăçал клевер пĕр гектар та акман-ха.

В. ТРОФИМОВ.

### Хĕрӳллĕ ĕçре

КАЛИНИНО. «Восток» колхоз çуракине хăвăрт тата агротехника тĕлĕшĕнчен пысăк пахалăхпа туса ирттерет. Тырăсене пĕтĕмпех сеялкăпа акса хăварнă.

Колхозниксем яровизацилесе хатĕрленĕ çĕрулми 3 гектар çине лартрĕç. Пахча çимĕçсемпе техникăлла культурăсене пысăк пахалăхпа акса пĕтерессишĕн çине тăрса кĕрешеççĕ.

И. РЕДЬКОВ.

### Вир тата хуратул акаççĕ

ЕЛЧĔК, майăн 14-мĕшĕ. (Телефонпа). Колхозсем хушшинчи социализмла ăмăртура «Марс» тата «Пахарь» колхозсем малта пыраççĕ. Ку колхозсем тĕштырăсем акмалли плана тултарчĕç, хальхи вăхăтра хуратул тата вир акаççĕ. Вăйлă тырпул туса илессишĕн кĕрешсе, колхозниксем кĕрхи тырăсем акнă пĕтĕм çĕр лаптăкĕ çине удобренисем сапнă тата калчасене сӳрелесе хăварнă. Çак кунсенчех çĕрулмипе тымарçимĕçсем лартма тухаççĕ.

★ ★ ★

### Виçĕ республика ăмăртăвĕ

Майăн 10-мĕшĕ тĕлне çураки планне çакăн чухлĕ тултарнă (процентпа)

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Çуртри акнă | 38,1 | 11,2 | 48,0 |
| вăл шутра: | | | |
| пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсем | 46,8 | 14,7 | 57,7 |
| çурхи тулă | 67,0 | 27,6 | 70,6 |
| пĕр çул ӳсекен курăксем | 24,3 | 4,7 | 60,3 |
| тымарçимĕçсем | 13,6 | 1,2 | 29,9 |
| силос культурисем | 19,8 | 0,7 | 43,9 |
| нумай çул ӳсекен курăксем | 31,1 | 32,5 | 86,7 |
| Йĕтĕн акнă | — | 0,6 | 5,2 |
| Кантăр акнă | 2,4 | — | 2,5 |
| Пахча çимĕç лартнă | 20,0 | — | 8,4 |
| Тракторсемпе тумалли ĕçсен планне тултарнă | 13,8 | 7,8 | 11,3 |
| Тракторсемпе çуртри акнă | 35,9 | 38,9 | 38,9 |

### Етĕрне районĕ мĕншĕн юлса пырать?

Районти колхозсенче çураки пуçланни виçĕ эрне çитрĕ. Анчах районĕпе илсен çураки планне çурри те тултарман.

Нумай колхозсен руководителĕсем çуракине кĕске срокра тата пысăк пахалăхпа ирттерессишĕн тăрăшмаççĕ, ĕç хăй тĕллĕн пулса пырасса шанса лараççĕ.

Иваньково ял Советне кĕрекен Калинин ячĕпе тăракан колхоз (председателĕ Рыбаков юлташ) майăн 10-мĕшĕ тĕлне пĕр гектар та акман. Ку колхозра договор тăрăх Етĕрнери машина-трактор станцийĕн пысăк ĕçсем туса ирттермелле. Дербенев ертсе пыракан 4-мĕш трактор бригади 30 гектар суха тунă та ĕç чарăнса ларнă. Виçĕ трактортан иккĕшĕ, япăх юсанă пирки, çĕмĕрĕлсе кайнă, халĕ вĕсем ĕçлемесĕр лараççĕ. Виççĕмĕш тракторĕ те суха тунă çĕре вăхăтран-вăхăта кăна хутшăнать. Ăна та мастерскойĕнчен япăх юсаса кăларнă.

Колхозра чĕрĕ туртăм вăйĕ ситтелĕклĕ. Анчах, трактор бригади çине шанса ларнине пула, лашасемпе усă курмаççĕ.

Жданов ячĕпе тăракан колхоз çуракине япăх хатĕрленнĕ. Акма тытăнсан тулăпа сĕлĕ вăрлăхĕсем япăх пулни палăрнă. Вара акас ĕç 6—7 кунлăха чарăнса ларнă. Заготзерно пунктĕнчен вăрлăх кӳрсе килнĕ хыççăн тин акма тытăннă.

Районти колхозсенче техникăлла культурăсем акас ĕç те япăх пырать. Чылай колхозсен техникăлла культурăсен вăрлăхĕ çук. Тимирязев ячĕпе, Ильич ячĕпе тăракан, «Правда» колхозсем халĕ те вăрлăхсем кӳрсе килмен.

Районта çураки ĕçĕсене лайăх туса пыракан колхозсем те пур. Буденный ячĕпе тăракан, «Родина», Маленков ячĕпе тăракан колхозсем пĕрчĕллĕ тата пăрçа йышши культурăсене вăхăтра акса хăварнă. Халĕ çĕрулми лартма хатĕрленеççĕ. Анчах та малта пыракан колхозсен опытне сарассишĕн никам та тăрăшакан çук.

Етĕрне районĕнчи колхозсенче çуракине хăвăртрах ирттерес ĕçре татăклă улшăнусем тумалла. Уяр çанталăкăн кашни сехечĕпе туллин усă курса, уй-хир ĕçĕсене хăвăртлатмалла. Уйрăммăнах МТС-ăн машина паркĕпе анлăн усă курасси çине тимлĕн çаврăнса пăхмалла.

Я. СОРОКИН.
Г. МЫТИКОВ.

### Плана тултарнă

КӲКЕÇ, майăн 12-мĕшĕ. (Телефонпа). Районта çуртри акмалли плана хăвăртрах тултарассишĕн кĕрешӳ вăйланса пырать. Çураки ĕçĕсене лайăх организацилесе, «Серп и молот», «Память Кирова», «Коммунизм», Каганович ячĕпе, Суворов ячĕпе, Молотов ячĕпе тăракан тата ытти хăшпĕр колхозсем çуртри акмалли плана тултарчĕç.

Каганович ячĕпе тăракан колхозра ĕçлекен трактористсем халĕ шур тракторсемпе те ирхи çĕртме сухи тăваççĕ. «Серп и молот», Молотов ячĕпе, Суворов ячĕпе тăракан колхозсенчи уй-хир бригадисем уйра çĕрулми лартма тытăннă тата çĕртме уйне тислĕк кăлараççĕ.

Ф. ЕФРЕМОВ,
Ялхуçалăх пайĕн заведующийĕ.

# Ял Совечĕсен социализмла ăмăртăвĕ

Пирĕн çĕршывра социализмла ăмăртса ĕçлесси анлă саралнă. Ăмăртса ĕçлени пысăк задачăсене ăнăçлă пурнăçлама май парать.

Ăмăрту — ĕççыннисен миллионшар массисен чи пысăк активлăхĕпе усă курса социализм тумалли коммунизмла меслет, массăсен ĕçри революциллĕ самокритики, миллионшар ĕççыннисен творчествăлла пуçарăвĕ çинче тытăнса тăракан самокритика. «Социализмла ăмăрту çапла калать, — тенĕ Сталин юлташ:—пĕрисем начар ĕçлеççĕ, теприсем — лайăх, виççĕмĕшĕсем тата лайăхрах ĕçлеççĕ,—лайăх ĕçлекенсене хуса çит, пĕтĕмĕшле ситĕнӳ ту».

Предприятисемпе колхозсенчи ĕççыннисем кăна мар, обществăлла организацисем те, государство влаçĕн вырăнти органĕсем те социализмла ăмăртса ĕçлеççĕ. Пĕлтĕр пирĕн республикăра Чкаловски районĕнчи ял Совечĕсем пуçарнипе ял тата поселок Совечĕсем ăмăртăва хутшăнчĕç. Ăмăртса ĕçленĕ май вĕсенчен чылайăшĕ хăйсен ĕçне лайăхлатрĕç. Тĕслĕхрен, Вăрнар районĕнчи Вăрманкас ял Совечĕн депутачĕсем пурте организациллĕ-массăлла ĕçе активлă хутшăнаççĕ, яланхи комиссисенче ĕçлеççĕ, колхозра тата ялти учреждениссенче ĕçсем мĕнле пынине тĕрĕслеççĕ, ял Совечĕн исполкомĕнче тата сессийĕнче сӳтсе явмалли ыйтусене хатĕрлеме пулăшаççĕ. Яланхи комиссисем хăйсем тавра ялти актива тачă пĕтĕçтернĕ. Ял Совет депутачĕсенчен чылайăшĕ Хрущев ячĕпе тăракан колхозри ответлă участоксене ертсе пырать. Колхоз кашни çул пысăк тухăçлă тырпул туса илет. Ял Совечĕ культура учрежденийĕсемшĕн те хытă тăрăшать. Шкул çулне çитнĕ ачасем пурте вĕренеççĕ. Клубра тĕрлĕ кружоксем организациленĕ. Унта художествăллă пултарулăх кружокĕн концерчĕсем час-часах пулаççĕ.

Ăмăртса ĕçлесси анлă сарăлнине пула республикăра лайăх ĕçлекен ял Совечĕсем нумайланчĕç. Малта пыракан ял Совечĕсем ĕçре пысăк опыт пухрĕç. Вĕсен опычĕ пур ял Совечĕсемшĕн те пример пулса тăрать.

Кăçал социализмла ăмăртăва Канаш районĕнчи ял Совечĕсем пуçарчĕç. Вĕсем пирĕн республикăри ял тата поселок Совечĕсене пурне те социализмла ăмăртса ĕçлессине анлă сарма, хуçалăхпа культурăна аталантарассишĕн, хамăрăн Тăван çĕршывăн хăватне малалла тĕреклетсе пырассишĕн, пилĕкçуллăхăн виççĕмĕш çулĕнче çĕнĕ ситĕнӳсем тăвассишĕн тимлĕн кĕрешме чĕнчĕç.

Канаш районĕнчи ял Совечĕсен чĕнĕвне пур çĕрте те хапăл туса йышăнчĕç, нумай ял Совечĕсен сессийĕсенче, исполкомсен ларăвĕсенче сӳтсе яврĕç, конкретлă обязательствăсем йышăнчĕç. Вĕсем çинчен депутатсемпе активистсем ĕççыннисене ăнлантарса пачĕç.

Социализмла обязательствăсен тĕп шухăшĕ çапла: тырпул, пахча çимĕç, техникăлла культурăсен тухăçлăхне ӳстерессишĕн, обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне нумайлатассишĕн тата вĕсен тухăçлăхне хăпартассишĕн тăрăшмалла. Государствăна тĕштырă, çĕрулми тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли обязательствăсене срокчен тултармалла. Ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕппĕн пурнăçласа пымалла. Ĕç дисциплинине çирĕплетмелле. Хуçалăхăн çĕнĕ отраслĕсене пур майсемпе те аталантармалла. Промышленность предприятийĕсемпе промысла артелĕсене пĕр тикĕс ĕçлеттермелле. Хуçалăхла-политикăлла ытти ĕçсене те вăхăтра пурнăçламалла. Финанс планне яланах тултарса пымалла. Культурăпа медицина учрежденийĕсен ĕçне лайăхлатмалла.

Çак обязательствăсене пурнăçласси — ял Совечĕсен паянхи задачи. Кашни ял Совечĕн ĕç планĕнче ăмăртура илнĕ хăш обязательствăна хăçан пурнăçламаллине, çак ĕçе кам ертсе пымаллине палăртмалла. Çавăн чухне кам мĕнле ĕçе ăнăçлă тума пултарассине шута илмелле. Ĕçсем мĕнле пурнăçланса пынине тăтăшах тĕрĕслесе тămалла. Ял Совечĕн сессийĕсене тата исполком ларăвĕсене яланах вăхăтра, тĕплĕ хатĕрлесе ирттермелле, хуçалăхпа культура строительствин ыйтăвĕсене вăраха ямасăр татса памалла, массăлла ăнлантару ĕçне вăйлатмалла.

Райсовет исполкомĕсем ял Совечĕсен социализмла ăмăртăвне организацилес тата ертсе пырас ĕç çине тимлĕ пăхма тивĕçлĕ. Вĕсен ял Совечĕсене пĕр-пĕринпе ăмăрту договорĕсем тума пулăшмалла, обязательствăсем мĕнле пурнăçланса пынине тăтăшах тĕрĕслесе тămалла, ăмăртакан ял Совечĕсем пĕр-пĕрин ĕçĕсене тĕрĕслессине, ăмăрту итогĕсене сессисенче тата халăх пухăвĕсенче сӳтсе явас ĕçсене организацилемелле, малта пыракан ял Совечĕсен ĕç опытне пур çĕре те сармалла. Ял Совечĕсем мĕнле ĕçленипе парти райкомĕсемпе пуçламăш парторганизацисем те интересленме тивĕçлĕ. Вĕсен вырăнти Советсене ертсе пырас ĕçе вăйлатмалла, çавăнпа пĕрлех совет работникĕсен политикăлла пĕлĕвĕсене ӳстерме тăрăшмалла.

Ял Совечĕсен ответлă задачи вăл—ĕççыннисен анлă массисене сталинла пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх заданийĕсене ирттерсе тултарма мобилизацилесе пырасси. Хальхи вăхăтри чи пысăк ĕç вăл—колхоз хресченĕсене çуракине ăнăçлă ирттерме организацилесси пулать. Çак задачăна ял Совечĕсем колхоз правленийĕсемпе, пуçламăш парторганизацисемпе, активпа, пĕтĕм халăхпа тачă çыхăнса ĕçлесе, ĕççыннисен пуçарулăхне аталантарса, ăнăçлăн татса пама пултараççĕ. Советсен вăйĕ — массăсемпе тачă çыхăнса тăнинче.

# Тăван çĕршывра

★ ★ ★ ★

### ЯЛТИ НАУКĂЛЛА ĔÇ ЦЕНТРĔСЕМ

ЛЬВОВ. Чылай колхозсенче ялхуçалăх культури çурчĕсем уçнă. Вĕсен участокĕсем çинче халĕ çураки ирттереççĕ. Колхозник-опытниксем, агрономсем ертсе пынипе, пахча çимĕçсем ӳстерес тĕлĕшпе сăнавсем тăваççĕ, хура тăпраллă мар вырăнсенче пахча çимĕçсем акса ӳстермелли агротехникăна палăртаççĕ.

Пахча çимĕçсем ӳстересси Львов облаçĕнчи ялхуçалăхĕшĕн çĕнĕ ĕç пулса тăрать. Сăнавсем тумалли участоксенче ӳстерсе пăхнă хыççăн, халĕ ĕнтĕ колхозсен çĕрĕ çинче помидор, баклажан, кабачки тата ытти пахча çимĕçсем ӳстерме пуçланă. Украинăн хĕвеланăç енчи облаçĕсенче çуркунне кĕтмен çĕртен çанталăк сивĕтнĕ кунсем пулаççĕ, çавăнпа пахча çимĕçсем лайăх ӳсеймеççĕ. Сăнав тăвакансем пахча çимĕçсене сивĕрен сыхламалли май тупнă. Вĕсем пахча çимĕçсене хутран тунă кӳршеке торф тата çĕрнĕ тислĕк тултарса лартаççĕ. Çавăн пек лартсан пахча çимĕçсем сивĕрен аптăрамаççĕ. Халĕ ĕнтĕ облаçра çак майпа пахча çимĕçсем нумай лартаççĕ.

Колхозсенчи ялхуçалăх культурин çурчĕсем ялсенче мичуринла биологи наукин центрĕсем пулса тăнă. (ТАСС).

### ÇУРАКИ ПЛАННЕ ТУЛТАРНĂ

ДЗАУДЖИКАУ. Çурçĕр Осетинри колхозсемпе совхозсем çураки планне тултарнă. Суртыррисене лайăх çемçетсе хатĕрленĕ çĕр çине, сортлă вăрлăхсемпе акса хăварнă. Ансăр ретпе тата хĕреслĕ майпа нумай акнă.

Уй-хирте калчасем вăйлă шăтса тухнă. Колхозниксемпе механизаторсем кантăр, кенаф, хĕвелçаврăнăш, кукуруза тата ытти ялхуçалăх культурисен калчисене лайăх пăхса ӳстерме тăрăшаççĕ. (ТАСС).

### Чугун çул работникĕсен кунне хатĕрленеççĕ

Чугун çул транспортĕнчи рабочисен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн президиумĕ Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунне ирттерме хатĕрленесси тата ирттересси çинчен постановлени йышăннă.

Транспорт работникĕсен кашни çул ирттерекен уявне партин XIX-мĕш съезчĕ чугун çул транспорчĕн ĕçне вăйлатасси çинчен йышăннă решенисене пурнăçлас, ĕç дисциплинипе государство дисциплинине çирĕплетес, грузсем турттармалли плана тултарас тата ирттерсе тултарас, транспорт хуçалăхĕпе кадрсене хĕллехи условисенче лайăх ĕçлеме хатĕрлесе çитерес тĕлĕшпе ирттереççĕ.

Уява хатĕрленнĕ кунсенче клубсенче, культура çурчĕсемпе дворецĕсенче, чугун çул работникĕсен общежитийĕсенче тата производствăра та лекциллĕ пропагандăпа производствăлла-техникăлла пропагандăна анлăн туса пыраççĕ. Уява хатĕрленнĕ кунсенче вечерсем, спектакльсем ирттереççĕ. Фестивальсем ирттерсе, Совет çĕршывĕнче ӳкернĕ чи лайăх кинокартинăсене кăтартаççĕ. (ТАСС).

### Пропагандистсен канашлăвĕ

ТБИЛИСИ. Партин Тбилиси хула комитечĕ райкомсен пропагандăпа агитаци пайĕсенче ĕçлекен работниксен канашлăвне ирттернĕ. Канашлура парти вĕренĕвĕн шкулĕсемпе кружокĕсенче вĕренӳ çулне вĕçлесе çитерес ыйтăва сӳтсе явнă.

Хулари парторганизацисенче итоглă занятисем ирттерме хатĕрленеççĕ. Райкомсемпе хула комитечĕн библиотекисенче КПСС XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене тата И. В. Сталинăн «ССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренекенсене пулăшма литература выставкисем тунă. Кружоксемпе политшкулсенче вĕренекенсене пулăшма лекцисемпе консультацисем тата калаçусем ирттереççĕ. Пропагандистсен семинарĕсенче итоглă занятисем ирттересси çинчен сӳтсе яваççĕ.

Тбилиси хулинчи парторганизацисем çумĕнчи политшкулсемпе кружоксенче коммунистсемпе партире тăманнисем вуншар пин çын вĕренеççĕ. Хулара парти историне марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсем тăрăх вĕренмелли кружоксем 196, политикăлла экономи вĕренекенсен семинарĕсем 58 шутланаççĕ. Марксизм-ленинизма вĕренмелли каçхи университетсенче тата каçхи партшкулсенче икĕ пин çынна яхăн вĕренет.

(ТАСС).

### Сельдь нумай тытнă

ВЛАДИВОСТОК. Пулă тытакан колхозсен крайри союзĕ М. Е. Сидельников капитан пулса ĕçлекен сейнер команди пысăк ситĕнӳ туни çинчен радиограмма илнĕ. Сейнер экипажĕ майăн 8-мĕшĕнче пĕрре сĕрсех 5 пин пăт ытла сельдь тытнă. Уй хыççăнхи кунсенче тата 6 пин пăта яхăн пулă тытнă. Çапла вара, çуркунне пулă тытма пуçланăранпа сейнер коллективĕ 20 пин пăта яхăн пулă тытса панă. Плана ирттерсе тултарнă. (ТАСС).

### Чăваш АССР Министрĕсен Советĕнче

## Ял Совечĕсем 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсем çинчен

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ял Совечĕсем 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухнă. Ăмăртура Вăрнар районĕнчи Вăрманкас ял Совечĕ, Йĕпреç районĕнчи Кирово ял Совечĕ, Вăрмар районĕнчи Кĕтеснер ял Совечĕ мала тухнине палăртнă.

Асăннă ял Совечĕсенче обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарман. Çавăн пирки ку ял Совет председателĕсемпе секретарĕсене памалли премие 50 процент чакарса памалла тунă.

Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ райисполкомсене ял Совечĕсен ăмăртăвне куллен ертсе пыма, уйрăмах çуракине агротехника тĕлĕшĕнчен чи лайăх срокра ирттерес, финанс обязательствине вăхăтра пурнăçлас, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана тултарас, çĕнĕ вĕренӳ çулне хатĕрленес, ялти благоустройство тĕлĕшпе ял Совечĕсен ĕçне тивĕçлипе йĕркелеме хушса хăварнă.

# Социализмăн экономикăлла законĕсен характерĕ

Марксистла-ленинла теори никам çĕнтерейми вăйĕ вăл—общество аталанăвĕн чи кирлĕ потребнoçĕсене тĕрĕс кăтартса панинче. Общество аталанăвĕн пурнăç хăй кăларса тăратнă ыйтусем çине ĕçсынисем марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсенче ответсем тупаççĕ. Партин XIX-мĕш съездĕнче тунă докладра Маленков юлташ çапла каланă: «Ленинпа Сталин çăлкуçне хайĕн сахал çĕнĕ практикăри палла задачисемпе çыхăнтарса пынă. Маркс — Энгельс вĕрентĕвĕне творчествăлла усă курса, марксизм вилĕ догма мар, ĕçри чĕрĕ руководство пулса тăнине кăтартса панă».

Сталин юлташăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă çĕнĕ произведенийĕнчи гениалле идейăсем совет халăхĕн коммунизм çĕнтерĕвĕшĕн малалла кĕрешмелли çулне çутатса тăраççĕ.

И. В. Сталин юлташ политикăлла экономин питех те пысăк проблемисене татса панă. Çав татса панă проблемăсем хушшинче социализмăн экономикăлла законĕсен характерĕ çинчен калакан ыйту пысăк вырăн йышăнать.

Коммунизм ĕçсынни массисен ăнланулă творчествине пула пуçланса каять. Коммунизм строительстви Ленин—Сталин партийĕн политикине пурнăçланипе, Совет государствин хуçалăхла-организаторла ĕçĕсене пула пулса пырать. Партипе Совет государстви хăйсен ĕçĕсене общеcтвăлла аталанăвăн объективлă законĕсене тĕплĕн шута илсе туса пыраççĕ.

Социализмăн экономикăлла законĕсем, ытти обществăсен законĕсем пекех, экономикăлла пурнăçра çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса иртекен объективлă процессене палăртса тăраççĕ. Çынсем обществăлла аталанăвăн законĕсене тĕпчесе вĕренме, вĕсене хăйсен ĕçĕнче шута илме, вĕсемпе усă курма пултараççĕ, анчах та çынсем çав законсене улăштарма е пăрахăçа кăларма пултараймаççĕ.

Социализм чухнехи экономикăлла пурнăçри объективлă закономерноçсене пăрахăçа кăларни тата экономикăлла законсем «туса йĕркелеме», экономикăлла законсене «улăштарма» май пур тесе шутлани вăл çынсене тĕрлĕ ăнсăртлăха, çав законсен чуралăхне кĕртсе ÿкернĕ пулĕччĕ.

«Вăл акă мĕн патне илсе пынă пулĕччĕ: эпир политикăлла экономи наука пулса тăнине пĕтерсе хунă пулăттăмăр, мĕншĕн тесен наука объективлă закономерноçсене йышăнмасăр, çав закономерноçсене вĕренмесĕр пурăнма та, аталанма та пултараймасть. Наукăна пĕтерсе хурса, эпир çĕршывăн экономикăлла пурнăçĕнче ĕçсем мĕнле пулса пырассине малтанах курса тăма пултарайман пулăттăмăр, урăхла каласан, эпир экономикăна ертсе пырас тĕлĕшпе чи çăмăл ĕçсене те йĕркелесе яма пултарайман пулăттăмăр» («СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем», 85 стр.).

Коммунизм тумалли конкретлă программа тата Коммунистсен партийĕн мобилизациленекен ролĕ пĕтĕмпех экономикăлла законсене пĕлни çинче, çав законсене тĕпчесе вĕренни тата çав законсемпе халăх интересĕсемшĕн усă курни çинче никĕсленсе тăраççĕ.

## I.

Марксизм пуçланса кайни общество çинчен вĕрентекен наукăра революциллĕ питех те пысăк улшăну пулнине пĕлтернĕ. Марксла Энгельс общество аталанăвĕ çирĕп йĕркепе пулса пыракан историллĕ процесс пулни çинчен чи малтанхи хут ăнлантарса панă. Обществăн нумай енлĕ пурнăçĕн никĕсĕ обществăлла производство пулса тăрать, тесе кăтартса панă вĕсем.

Обществăлла процесăн пĕр-пĕрипе питĕ тачă çыхăнса тăракан икĕ енĕ пур: пĕр енĕ — производительнăй вăйсем; ку енĕ материальнăй ырлăхсем тунă çĕрте усă куракан çутçанталăк япалисемпе çынсем хушшинчи çыхăнусене кăтартса парать; тепĕр енĕ—производствăлла хутшăнусем; ку енĕ производство процесĕнче çынсем пĕр-пĕринпе мĕнле çыхăнусенче тăнине кăтартса парать.

Обществăлла производство улшăнăвĕпе аталанăвĕ яланах производительнăй вăйсен аталанăвĕнчен пуçланаççĕ. Производительнăй вăйсем обществăлла производствăн чи хускавлă та революциллĕ пайĕ пулса тăраççĕ. Малтан обществăн производительнăй вăйĕсем аталанаççĕ, унтан вара, çав улшăнусене пула тата вĕсене май, производствăлла хутшăнусем те улшăнаççĕ. Обществăлла производство аталанăвĕн кашни тапхăрĕнче пĕр хăйне кăна тивĕçлĕ уйрăмлăхсем пур, ку вăл çынсен производствăлла хутшăнăвĕнчен е, урăхла каласан, обществăн экономикăлла базисĕнчен килет. Маркс çапла çырнă: материальнăй производствăпа килĕшÿллĕн обществăлла çыхăнусем туса хуракан çынсем идейăсемпе категорисем те туса хураççĕ, вĕсем çав обществăлла çыхăнусен идейăлла палăрăмĕ пулаççĕ. Çав вăхăтрах Маркс çапла палăртнă: категорисем те, çыхăнусем пекех, яланлăха пымалла мар. Вĕсем — истори япалисем, çавăнпа улшăнса пымалла.

Марксизм çапла вĕрентет: политикăлла экономин научнăй ăнланăвĕсем обществăн историлле чăн-чăн çыхăнăвĕсене палăртса тăраççĕ. Закон пурнăçри явленисен нумай тĕрлĕ енĕсене мар, чи кирлине, чи паллăраххине палăртса тăрать. Çав паллăсем объективлă кирлĕлĕх пулса тăнине, вĕсем пĕр-пĕрипе çыхăнса тăнине кăтартса парать те ĕнтĕ закон.

Сталин юлташ çапла вĕрентет: наука законĕсем,—çăмах естествознани законĕсем çинчен е политикăлла экономи законĕсем çинчен пырать-и, вăл пурпĕрех,—çынсен ирĕкĕнчен килмесĕр пулса иртекен объективлă процессене палăртса тăраççĕ.

Обществăлла-экономикăлла формацисем, çав шутра социализм пуçланса кайни те, историлле закономернăй процесс пулса тăрать. Капитализм чухнех производствăн çĕнĕ меслечĕ валли кирлĕ материальнăй условисем пулса çитеççĕ. Капитализм тапхăрĕнче производство обществăлла характерлă пулса тăрать. Производствăн обществăлла характерĕпе продуктсене йышăнса илмелли капитализмла йĕркĕ хушшинчи хире-хирĕçлĕх капитализмăн тĕп хирехирĕçлĕхĕ пулать. Çак хире-хирĕçлĕх çав общество пĕтсе ларасси патне тата ăна çĕнĕ, социализмла обществăпа улăштарасси патне илсе пырать. Социализмла обществăра производство хатĕрĕсем обществăлла харпăрлăх пулни производство процесĕн обществăлла характерĕпе пĕтĕмпех килĕшсе тăрать. Производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнăй килĕшсе тăмалли экономикăлла закон—мĕнпур производство меслечĕсем вăхăтĕнче пулакан закон. Капитализм чухне вăл хăйне валли çул уçса пырать, рабочи класпа унăн партине кивĕ производствăлла хутшăнусене çĕнĕ хутшăнусемпе улăштарма май парать. Çав çĕнĕ хутшăнусем производительнăй вăйсене малалла аталантарма çул уçса памалла.

## II.

Социализм экономикăлла объективлă законсен никĕсĕ çинче аталанать. Çав законсем производство хатĕрĕсем обществăлла харпăрлăх пулса тăнин никĕсĕ çинче пуçланса каяççĕ.

Кашни обществăн хăйĕн экономикăлла тĕп законĕ пур, çав закон производство аталанăвĕн кирек те мĕнле уйрăм процесĕсене мар, аталанăвăн мĕнпур тĕп енĕсемпе тĕп процесĕсене, пĕтĕм общество ăшчиккине палăртса парать.

Сталин юлташ социализмăн экономикăлла тĕп законне уçса пачĕ. «Социализмăн экономикăлла тĕп законĕн чи паллă уйрăмлăхĕсемпе вăл хушнисене, — тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—çакăн пекрех каласа пама пулнă пулĕччĕ: социализмла производствăна çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче вĕçĕмсĕр ÿстересе тата лайăхлатса пырса, пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси социализмăн экономикăлла тĕп законĕ пулать» («СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем», 40 стр.).

Социализмăн экономикăлла тĕп законĕ пĕтĕм обществăлла производствăн тĕп тĕллевне тата ăна пурнăçа кĕртмелли майсене кăтартса парать. Социализмла производствăн тĕп тĕллевĕ — обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерсе пырасси. Çак тĕллеве пурнăçламалли меслет — чи çÿлте тăракан техника никĕсĕ çинче социализмла производствăна пĕрмаях ÿстерсе тата лайăхлатса пырасси пулать. Çапла ĕнтĕ, обществăлла производствăна чи малтанхи хут çынна мĕн кирлине тивĕçтерес ĕçе пăхăнтарнă. Çак тĕллево обществăлла харпăрлăх туса хунă условире кăна, çынна çын эксплуатацилессине пĕтернĕ условире кăна лартма пулать. Çапла вара, çавнашкал экономикăлла закон пуçланса каймалли никĕс вăл — çынсен социализмла производствăлла çыхăнăвĕсем, социализмăн экономикăлла базисĕ пулаççĕ.

Социализм вăхăтĕнче производительсем хăйсемех производство хуçисем пулса тăраççĕ. Обществăлла производствăна вăйлатма хавхалантаракан пĕртен-пĕр вăй вăл—пĕтĕм обществăн мĕнпур ыйтăвĕсене чи туллин тивĕçтерме тăрăшни пулать. Производствăна пĕтĕм обществăн пĕрмаях ÿссе пыракан материальнăй тата культурăллă ыйтăвĕсене тивĕçтерме пăхăнтармасан, вăл пурпĕрех хавшаса пымалла, мĕншĕн тесен, çавăн пек тăвас пулсан, вăл хăйне вăйлатса пымалли яланхи вăя сухатать, хăйĕн таварĕсене сутмалли пĕрмаях ÿссе пыракан рынокăр тăрса юлать, пĕтĕм производствăн коллективлă хуçисем пулса тăракан ĕçсынисем вара ĕç тухăçлăхне малалла ÿстерессишĕн тăрăшма, техникăна лайăхрах усă курассишĕн тата производствăна сарса пырассишĕн тăрăшма пăрахаççĕ.

Çапла вара, социализмăн экономикăлла законĕнче палăрса тăракан социализмла производство тĕллевĕ хальхи производствăлла хутшăнусенчен, обществăн пуç пулса тăракан экономикăлла стройĕнчен килет.

Социализм чухне халăх хуçалăхне план (пропорци) йĕркипе аталантармалли закон пуçланса кайса вăй илнĕ. Вăл та социализмла хуçалăх аталанăвĕн объективлă условийĕсенчен килнĕ.

Шултра производство, производительнăй вăйсем обществăлла характерлă пулнипе палăрса тăракан общество производство хатĕрĕсене тата ĕç вăйне производство отраслĕсем тăрăх пропорци йĕркипе валеçсе тухма хушать. Капитализм чухне производство хатĕрĕсемпе ĕç вăйне валеçесси конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ урлă пулса пырать, çавна пула капитал пĕр отраслĕрен тепĕр отраслĕне куçма тытăнать. Хаклăх законĕ капитализм чухне производство регуляторĕ пулса тăрать.

«...Анархилле тытăнса тăракан капитализмла обществăн организациленекен тĕп вăйĕ,—тесе çырнă Ленин,—ăнлăнрах та тăрăхрах ÿссе пыракан нациле тата интернациональнăй рынок пулать» (Соч., 27 т., 210 стр.).

Хаклăх законĕ капитализмла производство регуляторĕ, пĕр çав производство регуляторĕ кăна пулать. Хаклăх законĕ,—тесе палăртнă Сталин юлташ,—капитализм вăхăтĕнче çеç, производство хатĕрĕсем уйрăм харпăрлăх пулнă чухне, конкуренци пулнă чухне, производство анархийĕ пулнă чухне, перепроизводство кризисĕсем пулнă чухне çеç производство регуляторĕ пулма пултарать.

Социализмла революци сĕнтерне хысçăн тата хуçалăхăн çĕнĕ, социализмла укладĕ пуçланса кайнă хыççăн çĕнĕ экономикăлла условисем пулса тăраççĕ. Çавсене пула организациллĕ çĕнĕ çыхăнусене йĕркелеме кирли тухса тăрать.

«Халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантармалли закон,—тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—капитализм чухнехи конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ вырăнне тухса тăчĕ. Вăл производство хатĕрĕсене пĕрлештернин никĕсĕ çинче, конкуренцин тата производство анархийĕн законĕ вăйне сухатнă хыççăн, пуçланса кайрĕ. Вăл акă мĕн пирки вăя кĕчĕ: социализмла халăх хуçалăхне ăна план йĕркипе аталантармалли экономикăлла закон никĕсĕ çинче кăна тытса пыма пулать» (8 стр.).

Социализм вăхăтĕнче ĕçĕн пысăкăшĕпе унăн пахалăхне кура тÿлемелли принцип пурнăçланса пырать. Çакă вăл, экономикăлла ытти законсем пекех, обществăлла производствăн объективлă условийĕсене пула пуçланса кайнă.

Социализм чухне производство орудийĕсемпе хатĕрĕсем обществăлла харпăрлăх пулса тăраççĕ, кунта уйрăм харпăрлăх тата çынна çын эксплуатацилени çук. Çавăнпа та социализм чухне общество членĕн пурăнма кирлĕ пĕртен-пĕр çăлкуçĕ—ĕçлев пулать. Уйрăм харпăрлăх çинче никĕсленсе тăнă пур обществăсенче те çынна çын эксплуатацилени пулнă, эксплуататорла классене пуйтаракан çăлкуçĕ вĕсен хăйсен ĕçлевĕ мар, вĕсем ыттисене эксплуатацилени пулнă. Социализм вăхăтĕнче производство орудийĕсемпе хатĕрĕсем обществăлла харпăрлăх пулаççĕ, производствăлла çĕнĕ хутшăнусем пулаççĕ, çав хутшăнусем эксплуатацирен ирĕклĕ работниксем пĕр-пĕрипе юлташла, пĕрле ĕçлесе тата пĕр-пĕрне социализмла пулăшнипе палăрса тăраççĕ. Çаксем вĕсем ĕçе кура тÿлеме условисем туса параççĕ.

Ĕçĕн пысăкăшĕпе пахалăхне кура тÿлемелли çак йĕрке социализмла производство мeслечĕпе шăпах ĕнтĕ килĕшсе тăрать. Çав вăхăтрах производительнăй вăйсен шайĕ социализм вăхăтĕнче продуктсене кашнине хăйне кирлине кура валеçме май памасть. Çапла ĕнтĕ, социализм чухнехи обществăлла производствăра хăйĕнчех продуктсене ĕçĕн пысăкăшĕпе пахалăхне кура валеçме хушакан условисем пур.

Обществăлла хутшăнусем объективлăн пулса пыракан обществăлла производство паллисенчен пĕри пулса тăраççĕ пулсан, общество аталанăвĕн экономикăлла законĕсем те объективлă законсем пулса тăраççĕ. Социализмла производствăлла хутшăнусен никĕсĕ çинче социализмла производствăн экономикăлла законĕсем пуçланса кайнă. Вĕсем, ытти формацисен экономикăлла законĕсем пекех, объективлă законсем, çынсен ирĕкĕнчен килмен законсем пулаççĕ.

Сталин юлташ хăйĕн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенийĕнче хăшпĕр экономистсене, Совет государстви хăйĕн ирĕкĕпе экономикăлла законсем тума, вĕсене пăрахăçа кăларма тата «улăштарса çĕнетме» пултарать тесе шутланăскерсене, тăрă шыв çине кăларчĕ.

Экономикăлла законсене ăнлантарса парас ĕçри субъективлă идеализм позицийĕ çак енчен хăрушă та сиенлĕ: вăл политикăн кирек епле наукăлла никĕсне те хирĕç тăрать тата политикăра авантюризм патне илсе пырать.

Социализмăн экономикăлла законĕсен характерĕ пирки тăракан ыйтăва социализм строительствин практики кăларса тăратрĕ, çав ыйтăва Сталин юлташ чи малтанхи хут тишкерсе тухса тĕплĕн çутатса пачĕ.

## III.

Социализмăн экономикăлла законĕсем уйрăм харпăрлăх çинче никĕсленсе тăракан мĕнпур обществăсенче вăйра тăракан экономикăлла законсенчен пачах урăхла пулаççĕ. Çак уйрăмлăх акă мĕнре: социализмăн экономикăлла законĕсем стихийăллă характерлă мар.

Таварлă производствăра экономикăлла законсем вăйра тăни çинчен Энгельс çапла кăтартса панă: таварлă производствăн хăйне уйрăм, уншăн кăна паллă законсем пур; çав законсем хăйсене валли анархие хирĕç çул уçса пыраççĕ. Çак законсем обществăлла çыхăнăвăн сыхланса юлнă пĕртен-пĕр формиинче—улăштарса илнинче—палăраççĕ тата уйрăм производительсене конкуренци законĕсем пек туйăнса тăраççĕ. Вĕсем, çапла ĕнтĕ, малтанах производительсемшĕн те паллă мар, вĕсене майĕпен кăна, нумай вăхăт хушшинчи опыт тăрăх кăна вĕренме май пулнă. Вĕсем производительсен ирĕкĕнчен те килмеççĕ.

Капитализмăн экономикăлла законĕсем çакăн пек стихийăллă вăйра тăни обществăлла производство условийĕсенчен килет, капитализм чухне уйрăм харпăрлăх пуç пулса тăрать, çавна пула производительсем пĕр-пĕринчен уйрăлса тăраççĕ. Кашни хăйĕн уйрăм харпăрлăхĕшĕн тăрăшать, кашни хăйне ытларах усă кÿме тăрăшать, кашнин интересĕ хăйĕн пек харпăрлăх хуçисен интересне хирĕç пырать. Çав харпăрлăх хуçисен ĕçĕн результачĕсем хăйсем ĕмĕтленнĕ пек пулмаççĕ.

Экономикăлла законсемпе социализмчченхи формацисенче те общество интересĕсемшĕн усă курма май пурри çинчен каласа, Сталин юлташ çапла кăтартса панă: буржуалла революци самантинче буржуази производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен характерĕпе обязательнăй килĕшсе тăмалли законпа феодализма хирĕç усă курнă, çав закон çине таянса çĕнĕ производствăлла хутшăнусем туса хунă, çапла вара производствăлла хутшăнусене производительнăй вăйсемпе килĕшсе тăмалла тунă.

«Экономикăлла законсемпе усă курасси,—тесе вĕрентет Сталин юлташ,—класлă обществăра яланах тата пур çĕрте те класс интересĕсем хушнă пек пулса пырать. Çавăнпа пĕрлех экономикăлла законсемпе усă курас ĕçе яланах тата пур çĕрте те малта тăракан класс туса пырать, пĕтсе пыракан классем вара çав ĕçе хирĕç тăраççĕ» («СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем», 49—50 стр.).

Сталин юлташăн çак кăтартăвĕ этемлĕхĕн тĕрлĕ обществисенчи экономикăлла законсен характерĕ çинчен çĕнĕлле ăнлантарса парать.

Обществăлла производство тĕтăшах аталанса тата вăйланса пырать. Унăн чи революциллĕ элеменчĕ производительнăй вăйсем пулаççĕ. Паллă ĕнтĕ, малалла пыракан аталанăва палăртса тăракан экономикăлла законсемпе пĕтĕм общество интересĕсемшĕн общество интересĕсемпе килĕштерекен класс кăна, малалла пыракан пĕтĕм аталанупа килĕштерекен класс кăна усă курма пултарать. Рабочи классăр пуçне ытти классем пурте уйрăм харпăрлăхпа çыхăнса тăраççĕ. Вĕсен интересĕсем, уйрăм харпăрлăхран мала каймa пултарайманскерсем, кĕске вăхăтлăха кăна, çав классем прогресс интересĕсене палăртса тăнă вăхăтлăха кăна, кивелнĕ производствăлла çыхăнусене çĕнĕ, производительнăй вăйсен характерĕпе килĕштерекен çыхăнусемпе улăштарнă вăхăтлăха кăна пĕтĕм общество аталанăвĕн интересĕсемпе майлашса тăма пултараççĕ.

Рабочи класс уйрăм харпăрлăхпа çыхăнса тăмасть, вăл шултра производствăпа пĕрле ÿссе пырать. Çавăнпа та рабочи класс кăна пĕтĕм общество интересĕсене палăртса тăма пултарать. Рабочи класс интересĕсем обществăлла производство аталанăвĕн тенденцийĕсемпе килĕшсе тăраççĕ. Çакă вăл рабочи класс ытти классенчен тĕпренех урăхлине кăтартса парать.

«Ку ĕçре, — тесе çырнă Сталин юлташ,—пĕр енчен, пролетариат тата, тепĕр енчен, истори тăршшĕнче хăçан та пулин производствăлла хутшăнусенче переворотсем тунă ытти классем хушшинчи уйрăмлăх çакăнта пулать: пролетариатăн класлă интересĕсем обществăн нумай пысăкрах пайĕн интересĕсемпе пĕрлешсе каяççĕ, мĕншĕн тесен пролетариат революцийĕ эксплуатацин пĕр-пĕр формине пĕтернине кăна мар, кирек мĕнле эксплуатацие те пĕтернине пĕлтерет, çав вăхăтрах ытти классен революцийĕсем вара, эксплуатацин пĕр-пĕр формине çеç пĕтерсе, çав классен хĕсĕк интересĕсемпех, обществăн пысăкрах пайĕн интересĕсене хирĕç пыракан интерессемпех чăрăнса тăнă» (50 стр.).

Рабочи класс производительнăй вăйсене малалла аталантарассишĕн тăрăшать. Çавăнпа та вăл кăна производство хатĕрĕсене обществăлла харпăрлăх туса хума пултарнă, çĕнĕ производствăлла хутшăнусем туса, производительнăй вăйсене малалла вĕçĕмсĕр аталантарса пымашкăн çул уçса пама пултарнă.

Энгельс çапла çырнă: общество производство хатĕрĕсене хăй аллине илсен, продуктсем производительсене хĕсĕрлесе тăрасси пĕтет. Обществăлла производствăра анархи планлă организаципе улăшать. Çутçанталăкăн çынсене халиччен пăхăнтарса тăнă законĕсемпе çынсем пултарулăн усă курĕç, вĕсене хăйсене пăхăнтарĕç.

Обществăлла харпăрлăх туса хурсан, объективлă пулса юлакан законсем çынсемшĕн стихийăллă пулма пăрахаççĕ те çынсене пăхăнаççĕ.

Экономикăлла законсен характерĕ çинчен Сталин юлташ çапла çырать:

«Экономика законĕсем стихийăллă характерлă, çав законсене нимĕнле те сирсе яма çук, общество вĕсем умĕнче вăйсăр, теççĕ хăшĕсем. Çакă вăл тĕрĕс мар. Ку вăл—законсене ытлашши пысăка хурса пуç тайни, харпăр хăйне законсен чуралăхне пани пулать. Çакна кăтартса панă: законсем умĕнче общество вăйсăр мар, общество, экономика законĕсене тĕпчесе пĕлсе тата вĕсем çине таянса, вĕсен ĕçĕн анлăшне пÿлме пултарать, вĕсемпе общество интересĕсемшĕн усă курма тата вĕсене «ĕçе кÿлме» пултарать; çутçанталăк вăйĕсене тата вĕсен законĕсене çавăн пек кÿлни пур та ĕнтĕ...» (6 стр.).

Социализмăн экономикăлла тĕп законĕ, халăх хуçалăхне план йĕркипе (пропорци йĕркипе) аталантарасси çинчен калакан закон тата ытти объективлă экономикăлла законсем явленисен кирлĕлĕхне кăтартса параççĕ, анчах вĕсене социализм интересĕсемшĕн пурнăçа кĕртесси партин экономикăлла политикине, Совет государствин хуçалăхла-организаторла ĕçĕсене пула пулса пырать. Социализмăн экономикăлла законĕсен çак питех те паллă уйрăмлăхне Сталин юлташ халăх хуçалăхне план (пропорци) йĕркипе аталантарасси çинчен калакан закон тĕслĕхĕпе ăнлантарса парать.

«...Халăх хуçалăхне план йĕркипе аталантармалли закон, — тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—пирĕн плансем тăвакан органсене обществăлла производствăна тĕрĕс планласа пыма май парать. Анчах та май пуррипе чăн пуррипе пăтраштарма юрамасть. Вĕсем—пачах уйрăм япаласем. Май пуррипе чăн пурри туса хурас тесен, çав экономикăлла закона тĕпчесе вĕренес пулать, ăна вĕренсе алла илес пулать, унпа ĕçе тĕплĕн пĕлсе усă курма вĕренес пулать, çав закон хушшисене пĕтĕмĕшпех палăртса тăракан плансем туса пырас пулать» (8—9 стр.). Çавăнпа та ĕнтĕ социализм условийĕсенче экономика законĕсене тĕпчесе, тĕплĕнрех вĕренсе алла илни тата вĕсене общество интересĕсемшĕн усă курни питĕ кирлĕ.

Экономика законĕсене пĕлменни практикăлла ĕçре йăнăшсем патне илсе пырать. Тĕслĕхрен, халăх хуçалăхне план (пропорци) йĕркипе аталантармалли закона практикăлла ĕçре пăсни диспропорци патне илсе пыма, хăшпĕр участоксене кая тăрса хăварма пултарать. Экономикăлла ытти законсене пăсни те çитменлĕхсем патне илсе пырать. Колхоз строительствин малтанхи çулĕсенче колхозсем ĕçĕн пысăкăшĕпе пахалăхне кура тÿлемелли принципа кирлĕ таран алла илейменнипе пула, тупăшсене кашни çынна пĕр пек валеçнĕ. Çакă вăл обществăлла хуçалăха пысăк сиен кÿнĕ. Уравниловка—социализмăн çав тери хăрушă тăшманĕ. Ĕçĕн пысăкăшĕпе пахалăхне кура тÿлемелли принципа пурнăçласа пыманни, уравниловка пулни пĕтĕм обществăлла производствăна аталантарма кансĕрлет.

Хаклăх законне пĕлменни тата ăна практикăлла ĕçре шута илменни мĕн патне илсе пынине Сталин юлташ хăйĕн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенийĕнче лайăх кăтартса панă. Темиçе çул каярах, çĕр мамăк туса илес ĕçе пулăшас тесе, çĕр мамăк хакĕне тĕштырă хакне йĕркелеме йышăннă пулнă. Хозяйственниксемпе плановиксем пĕр тонна тĕштырă хакне пĕр тонна çĕр мамăк хакĕ майлах тума сĕннĕ. Çакă вăл хаклăх законĕ ыйтнине хирĕç пынă, мĕншĕн тесен çĕр мамăкĕ туса илме тĕш тырă туса илес ĕçринчен ытларах вăй хумалла.

«Çав юлташсен сĕнĕвĕ закон вăйне илнĕ пулсан,—тесе çырать Сталин юлташ,—мĕн пулнă пулĕччĕ-ха? Эпир çĕр мамăк тăвакансене юхăнтарса янă пулăттăмăр, çĕр мамăкĕсĕр тăрса юлнă пулăттăмăр» (21 стр.).

Капитализмла производство условийĕсенче уйрăм капиталистсен йăнăшĕсем рынокра стихийăллăн палăраççĕ. Обществăлла хуçалăх условийĕсенче план йĕркипе ертсе пырас ĕçри йăнăшсем пĕтĕм хуçалăхра палăрма пултараççĕ, çавăнпа та экономика законĕсене тĕпчесе вĕренес тата вĕсене алла илес ĕçре государство пĕлтерĕшĕ питĕ пысăк.

Совет государствинче, рабочи класс тĕп вырăн йышăнакан государствăра, экономика законĕсемпе усă курасси вăхăтран вăхăта мар, тĕтăшах пулса пырать. Социализмла обществăра капитализмла элементсене тата çынна çын эксплуатациленине пĕтернĕ, кунта обществăлла аталанăвăн объективлă процесĕсене хирĕç пыракан реакциллĕ классем çук. Çавăнпа та Совет государствипе Коммунистсен партийĕн социализмăн экономикăлла законĕсене пĕтĕмĕшпех вĕренсе алла илме тата вĕсемпе пĕтĕм халăх интересĕсемшĕн усă курма майсем пур. Совет государстви капитализмла государствăран тĕпрен урăхла пулни çакăн пек ĕнтĕ. Çавăнпа та экономикăна аталантарас ĕçре Совет государстви ертсе тата организацилесе пыракан вырăн йышăнать. Социализмла государство пĕтĕм общество интересĕсене палăртса тăрать, унăн интересĕсем обществăн прогрессивлă аталанăвне хирĕç пыма пултараймаççĕ. Çавăнпа та Совет государствин производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсенчен паллă таран юлса пынине, производительнăй вăйсемпе производствăлла хутшăнусем хушшинче палăракан хирĕçÿсене вăхăтра асăрхаса илме тата вĕсене пĕтерме майсем пур.

Сталин юлташ çапла вĕрентет: социализм чухне хирĕçÿсем пур тата пулаççĕ, мĕншĕн тесен производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсен аталанăвĕнчен юлса пыраççĕ тата малашне те юлса пырĕç. Ертсе пыракан органсем тĕрĕс политика тытса пырсан, çав хирĕçÿсем хире-хирĕçлĕх пулма пултараймаççĕ тата производствăлла хутшăнусемпе производительнăй вăйсем хушшинчи конфликт патне çитмеççĕ.

«Эпир тĕрĕс мар политика... тытса пырас пулсан,—тесе кăтартса панă Сталин юлташ,—вара ĕç урăхла тăма пултарать. Ун пек чухне конфликт пурпĕрех пулать, тата пирĕн производствăлла хутшăнусем производительнăй вăйсене малалла аталанма чарса пыракан чылаях пысăк чăрмав пулса тăма пултараççĕ.

Çавăнпа та ертсе пыракан органсем умĕнче çакăн пек задача тăрать: вĕсен ÿссе хăпаракан хирĕçÿсене вăхăтра асăрхамалла, çав хирĕçÿсене сĕнтерме çийĕнчех кирлĕ мерăсем йышăнмалла, производствăлла хутшăнусене производительнăй вăйсен ÿсĕмĕпе килĕштерсе пымалла» (67—68 стр.).

* * *

Социализмăн объективлă экономикăлла законĕсене вĕренсе алла илни социализмла обществăна пĕрмаях малалла ÿстерсе пыма май парать. Экономикăлла законсене вĕренсе алла илни пире обществăн малашнехи аталанăвĕн çулне наука енчен курса тăма май парать.

Партин XIX-мĕш съезчĕ СССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе директивăсем пачĕ. Çак плана тултарни социализмран коммунизм патне пымалли çул çинчи пысăк утăм пулса тăрать. Партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсем социализмăн экономикăлла законĕсене тĕплĕн пĕлни çинче никĕсленсе тăраççĕ. Çав законсем çине таянса, общество аталанăвĕн çулне наука енчен палăртса, Коммунистсен партийĕпе Совет государстви социализмла экономикăн пĕтĕм аталанăвне коммунизм çулĕпе илсе пыраççĕ.

М. МАКАРОВА.

## Теорилле конференци

Парти вĕренĕвĕн кăçалхи çулĕнче Сĕрпÿри вăтам шкулти учительсем коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсене материалĕсене тата И. В. Сталинăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă гениалле произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренчĕç. Çав вăхăтрах аслă çулпуç тупăкĕ умĕнче Маленков, Берия тата Молотов юлташсем каланă сăмахсене, СССР Верховнăй Совечĕн IV-мĕш сессийĕн материалĕсене вĕреннĕ.

Шкулти парторганизаци çулпуçăн произведенийĕ тăрăх харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем валли 10 лекци иртгернĕ. Райкомăн библиотекинче иртгернĕ лекцисенче учительсем пурте пулнă.

Харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене парти райкомĕн штатра тăман консультанчĕ Александров юлташ та кулленех пулăшса пынă. Вăл консультацисемпе каласусем иртгернĕ, вĕренекенсен конспекчĕсене тĕрĕсленĕ. Çамрăк учительница Демьянова комсомолка ку чухнехи капитализмăн экономикăлла тĕп законĕ çинчен учительсемпе каласу иртгерме хатĕрленнĕ чухне консультантран пулăшу илнĕ.

Учительсем хăйсен библиотекисенче марксизм-ленинизм классикĕсен произведенийĕсемпе пуянлатнă. Теорилле журналсем çырăнса илнĕ. Хаçатсемпе журналсенче пичетленнĕ статьясемпе консультацисене тăтăшах вуланă. Философи словарĕпе усă курни те вĕренÿре нумай пулăшнă.

Шкулти парторганизаци И. В. Сталинăн гениалле произведенийĕ тăрăх теорилле конференци иртгерчĕ. Ăна иртгерме план тунă, 11 ыйту хатĕрленĕ, докладчиксене те уйăрнă, хăçан пуласси çинчен чылай малтанах пурне те пĕлтернĕ.

Конференци икĕ кун пычĕ. Чи малтанах «И. В. Сталин экономикăлла законсен характерĕ çинчен» тема тăрăх учитель-коммунист Андреев юлташ доклад туса пачĕ. «Экономикăлла законсемпе естествознанин (çутçанталăкăн) объективлă законĕсен пĕрпеклĕхĕпе уйрăмлăхĕ» çинчен Михайлова коммунистка тĕплĕн каласа пачĕ. Çулпуçăн гениалле ĕçне çавăн пекех Христофоров юлташ та çине тăрса вĕреннĕ. Вăл, совет çыннисем экономикăлла аталанăвăн законĕсене вĕренсе, вĕсемпе коммунизм строительствинче усă курнине ырăнти примерсемпе лайăх кăтартса пачĕ.

Конференцире Асанин, Александров, Никифоров, Вандарева, Суслова, Немилова, Иванова, Ильина тата ытти юлташсем—пурĕ 17 çын тухса каласрĕç. Конференци пысăк активлăхпа, идея тĕлĕшĕнчен çÿлĕ пусăмра иртрĕ.

С. ШАДИН.

## Райком бюровĕ кĕнеке сарас ĕç çинчен

КРАСНОАРМЕЙСКИ. КПСС райкомĕн бюровĕ районти суту-илÿ организацийĕсем халăх хушшинче кĕнеке сарас тĕлĕшпе мĕнле ĕçлени çинчен сÿтсе яврĕ.

Районти ĕçсынисем потребсоюзăн магазинĕсемпе ларекĕсенче пĕлтĕр 36 пин тенкĕлĕх кĕнеке туяннă. Кĕнекесем кăçал тата ытларах сутăнаççĕ. «Союзпечетĕн» районти уйрăмĕ 1-мĕш кварталта кĕнеке сутмалли плана иртгерсе тултарнă.

Кунпа пĕрлех райком бюровĕ ку ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртрĕ. Райпотребсоюзпа ялпо правленийĕсем халăх хушшинче кĕнеке сарас ĕçĕн политикăлла пĕлтерĕшне ăнланса çитеймен.

Ĕçсынисем уйрăмах партин XIX-мĕш съезчĕн материалĕсене пичетленĕ брошюрăсем нумайрах кÿрсе сутма ыйтаççĕ. Çав брошюрăсен çыххисем райпотребсоюзăн склачĕсенче эрни-эрнипе выртнă, анчах правлени работникĕсем çав кирлĕ кĕнекесене халăх патне хăвăртрах çитерме васкаман.

Райпотребсоюз правленине халăх хушшинче кĕнеке сутса çÿрекенсем тупса лартма хушнă пулнă. Çав кăтартăва вăл паянхи куна çитсе те пурнăçламан.

Суту-илÿ работникĕсен ĕçĕнче культурăлăх çитмен пирки магазинсемпе ларексенче кĕнеке витринисем туман. Çавна пула ĕçсынисем çĕнĕрен мĕнле кĕнекесем кÿрсе килнине вăхăтра пĕлеймеççĕ.

Райкомăн пропагандăпа агитаци пайĕ суту-илÿ организацийĕсем кĕнеке сарас тĕлĕшпе мĕнле ĕçленине тĕрĕслесе тăман, ку ĕçри çитменлĕхсене асăрхамасăр иртгернĕ.

Райком бюровĕ ĕçсынисем хушшинче кĕнеке сарас ĕçе лайăхлатмалли майсене палăртрĕ.

Н. ВОЛКОВ,
(Хамăр корр.).

## Консультант отчечĕ

ИШЛЕЙ. КПСС райкомĕн бюровĕ Г. Никитин консультант ĕçĕ çинчен сÿтсе яврĕ.

Консультант çумне марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекен 3 коммуниста тата партире тăман юлташсене çирĕплетсе панă. Вăл вĕсене вĕренÿре тăтăшах пулăшу парса тăрать, консультацисем, юлташла каласусем иртгерет. Никитин юлташ çумне çирĕплетнĕ Петров тата Порфирьев юлташсем В. И. Ленинăн «Мĕн тумалла?», «Утăм малалла, икĕ утăм каялла», «Социал-демократин демократилле революцири икĕ тактики» ятлă кĕнекисене вĕренсе пĕтерчĕç. Халĕ вĕсем И. В. Сталинăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине вĕренеççĕ.

И. ГЕРАСИМОВ.

# Экзаменсене йĕркеллĕ ирттерер

Тепĕр пилĕк кунтан республикăри шкулсенче пĕр класран тепĕр класа куçмалли тата шкултан вĕренсе тухмалли экзаменсем пуçланаççĕ. Вĕренекенсемпе учительсем тата ачасен ашшĕ-амăшĕсем çак пысăк событие савăнса кĕтсе илеççĕ.

Кăçалхи вĕренӳ çулĕнче республикăри учительсем тăрăшса ĕçлерĕç. Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕн решенийĕсемпе хавхаланса, вĕсем вĕренĕвĕн идейăпа теориллĕ шайне ӳстерессишĕн, вĕренӳ ĕçне вуллёнхи пурнăçпа çыхăнтарса лайăхлатассишĕн тата вĕренекенсен дисциплинине тĕреклетессишĕн нумай вăй-хăват хучĕç. Вĕренӳпе воспитани ĕçĕ лайăхланса пыни съезд решенийĕсене пурнăçлассишĕн ăнăçлă кĕрешнине кăтартса парать.

Экзаменсене ирттернĕ чухне çутĕç органĕсемпе шкул руководителĕсен тата учительсен экзаменсем çинчен кăларнă Положенипе Инструкцие тĕрĕс те çирĕп пурнăçласа пымалла. Вĕсене пăсни пулмалла мар. Сăмахран, пĕлтĕр Красноармейскинчи вăтам шкулта X-мĕш класра вырăс литературипе тĕп вариант тăрăх сочинени çырас вырăнне запаслă вариант тăрăх кăна çырнă. VII-мĕш класра вара вырăс чĕлхипе çыру экзаменне майăн 21-мĕшĕнче ирттерес вырăнне майăн 20-мĕшĕнчех ирттернĕ. Положенипе Инструкцие çавăн пек пăсни шкул директорĕ пулнă Долгов юлташ хăйĕн ĕçĕнче ответлăх туйман пирки кăна пулма пултарнă.

Инструкцие тĕрлĕрен пăсни ытти шкулсенче те пулкаланă. Положенипе Инструкцие тĕрĕс пурнăçласа пыни экзаменсене ăнăçлă ирттерме кирлĕ условисенчен пĕри пулса тăрать.

IV-мĕш класра вĕренекенсем пуçласа экзаменсем тытаççĕ. Вĕсен вырăс чĕлхипе диктант çырмалла тата арифметикăпа пĕр задачăпа икĕ тĕслĕхрен тăракан çыру ĕçне тумалла пулать. Çак предметсемпе вĕсем ыйтусем çине сăмахпа каласа та экзаменсем тытаççĕ.

Вăтам шкулсемпе çичĕ çул вĕренмелли шкулсенче вĕренекенсем 25 пин ача ытла вырăс чĕлхипе тата литература вулавĕпе (пĕри çыру ĕçĕ, тепри сăмахпа), алгебрăпа тата арифметикăпа (çыру ĕçĕ), геометрипе, историпе, ССР Союзĕн Конституцийĕпе, географипе, физикăпа (пурте сăмахпа) шкултан вĕренсе тухмалли экзаменсем тытаççĕ.

Вуннăмĕш классенче вĕренекен тăватă пине яхăн çамрăк ситĕнсе çитни çинчен аттестат илме 9 предметпа экзамен тытать. Майăн 20-мĕшĕнче вырăс чĕлхипе тата литературăпа сочиненисем çыраççĕ.

V-мĕш класра вĕренекенсем икĕ экзамен çыру ĕçĕпе, икĕ экзамен—сăмахпа, VI-мĕш класра вĕренекенсем—пилĕк экзамен, VIII-мĕш класра вĕренекенсем — ултă экзамен, IX-мĕш класра вĕренекенсем—сакăр экзамен тытаççĕ.

Кунсăр пуçне чăваш, тутар, мордва шкулĕсенчи вĕренекенсем хăйсен тăван чĕлхисемпе экзаменсем параççĕ.

Республикăри чылай шкулсенчи учительсемпе вĕренекенсем экзаменсем ăнăçлă иртессе çирĕп шанса тăраççĕ. Наукăсен никĕсĕсене вĕренсе алла илес тĕлĕшпе çине тăрса ĕçлени, паллах ĕнтĕ, лайăх результатсем парать. Вĕренӳре йывăрлăхсем пулман теме çук. Анчах, тĕпрен илсен, çак йывăрлăхсене творчествăлла ĕçпе çиĕнчех çĕнтерсе пынă.

Çак кунсенче кашни шкулта экзаменсене ăнăçлă хатĕрленсе ирттерме кирлĕ условисем пурте хатĕр пулмалла. Учительсен ĕçне çакна шута илсе йĕркелес пулать: вĕсем шкул ачисене мĕнпур ыйтусем тăрăх вăхăтра консультацисем пачăр. Шкулти библиотека экзаменсем валли кирлĕ кĕнекесене халех хатĕрлесе хумалла. Хăшпĕр шкулсем вĕренекенсем валли экзамена хатĕрленмелли пӳлĕмсем уйăрса çав тери тĕрĕс турĕç. Вĕренӳ кабинечĕсен хăйсен ĕçне çакăн пек йĕркелемелле: кашни вĕренекен, унта пырса, вĕренӳ программинче палăртса хунă практикăлла ĕçсене тума пултартăр.

Шкулсене шефа илнĕ колхозсем тата профсоюзпа комсомол организацийĕсем пулăшнипе экзаменсем вăхăтĕнче вĕренекенсен ыйтăвĕсене тивĕçтерес тĕлĕшпе те чылай ĕçсем туса ирттермелле: интернатсенче çирĕп йĕрке тумалла, вĕренекенсене хваттерсене вырнаçма пулăшмалла, вĕренекенсем валли буфет йĕркелемелле тата вĕсене вĕри апат çитерессине йĕркелемелле.

Экзаменсене хатĕрленсе ирттернĕ кунсенче вĕренекенсене хăйсен ашшĕ-амăшĕсем те нумай пулăшма пултараççĕ. Килти вĕренӳ йĕркине лайăхлатма пулăшса, эпир экзаменсене ăнăçлă ирттерме пултаратпăр. Çакна шута илсе, класс руководителĕсен халĕ вĕренекенсен килĕсене час-часах кайса çӳремелле, вĕсене кун йĕркине тĕрĕс йĕркелеме пулăшмалла.

Экзаменсем вăхăтĕнче учительсемпе вĕренекенсем йĕркеллĕ те дисциплинăллă пулни кирлĕ. Вĕсем шкула вăхăтра пыни экзаменсене тĕрĕс йĕркелеме кирлĕ условисенчен пĕри пулса тăрать. Экзаменсем ирттермелли Инструкци çинче дисциплинăна пăсакан вĕренекенсем пирки мĕнле мерăсем йышăнасси çинчен те палăртса хунă. Хăшпĕр чухне уйрăм вĕренекенсем экзаменсем тытнă вăхăтра пĕр-пĕрне хут татăкĕсем çырса параççĕ, юлташĕсене каласа тăраççĕ. Кăçалхи экзаменсенче çавăн пек йĕркесĕрлĕхсем пулмалла мар.

Шкул ĕçĕн итогне вĕренекенсем валли экзаменсем тытма лайăх условисем туса панă тăрăх та хаклаççĕ. Çутĕç органĕсен представителĕсемпе шкул руководителĕсен вĕренекенсен пĕлĕвне шкул программи тăрăх тĕрĕслессине тимлĕн пăхăнса пымалла. Ачасене программăра çук ыйтусем пани пулмалла мар. Вĕренекенĕн çулталăк хушшинче илнĕ пĕлĕвне тĕрĕс хакласси вăл шкул пурнăçĕнчи тĕп закон пулса тăнине кашни экзаминатор асра тытмалла.

Çак тĕллевпех кунта РСФСР Çутĕç министерствин пĕлтĕрхи апрелĕн 17-мĕшĕнче кăларнă распоряженийĕ çинчен те астутарса хăвармалла. Ун тăрăх, экзаменсем тытнă вăхăтра кашни класра экзамен тăвакан комисси членĕнче тăман пĕр представительрен ытла пулмалла мар. Вĕренекенсене экзаменсенче хушса ыйтусем пама экзамен тăвакан комисси членĕсемпе шкула инспекцилеме пынă представительсем кăна пултараççĕ.

Экзамен тăвакан комиссисемпе ассистентсем вĕренекенсен пĕлĕвĕсемшĕн çав тери ответлă пулса тăраççĕ. Вĕсен учительсемпе пĕрле шкулта тĕп предметсене вĕрентес ĕç мĕнле пынине тата ачасен пĕлĕвне тĕрĕс хакламалла. Çак хисеплĕ ĕçе ăнăçлă пурнăçласси экзаминаторсемпе ассистентсем ответлăха туйса ĕçленинчен килет. Анчах иртнĕ çулта хăшпĕр экзаминаторсемпе ассистентсем хăйсен ĕçне начар туса пыни çинчен калакан тĕслĕхсем те пулкаланă.

IV-мĕш классенче ассистентсем пулма нумай шкулсенче V—VII-мĕш классенчи учительсене уйăрнă пулнă. Çавăн пек туни тĕрĕс. Анчах та хăшпĕр учительсем вырăс чĕлхипе тата арифметикăпа пуçламăш шкул программине пĕлмен. Çапла, сăмахран, Кукашнири çичĕ çул вĕренмелли шкулти математикăпа вĕрентекен учительница Е. А. Андреева юлташ Маклашкири пуçламăш шкулти IV-мĕш класра арифметикăпа экзаменсем пынă вăхăтра вĕренекенсене вуншарлă вакке çинчен ыйтусем пама пуçланă. Анчах çакă вăл IV-мĕш класс программине кĕмест.

Экзамен тăвакан ассистентсем учительсен ĕçĕпе вĕренекенсен пĕлĕвне тĕрĕслеме пынă представительсем пулса тăраççĕ. Вĕсен экзаменсене малтанах хатĕрленсе тăмалла: экзамен тытакан предметăн программипе, экзамен тытмалли билетсемпе, ачасем вĕренӳ çулĕ хушшинче мĕнле вĕреннипе малтанах паллашмалла.

Çутĕç органĕсемпе шкул руководителĕсен экзаменсем мĕнле пынине яланах тишкерсе тăмалла. Экзаминаторсемпе ассистентсен ĕçне йĕркелесе пымалла.

Пĕлтĕрхи экзаменсен итогĕсем çакна кăтартса пачĕç: хăшпĕр учительсем ачасен пĕлĕвне тивĕçлипе хакласишĕн тăрăшмаççĕ, пĕлӳсемшĕн паракан паллăсене юриех ӳстерсе лартаççĕ. Унтан та ытларах, хăшпĕр шкулсенче уйрăм учительсем кăна мар, экзамен тăвакан комиссисем те паллăсене ӳстерсе лартса панă. Сĕнтĕрвăрри районĕнчи Шуршăлти çичĕ çул вĕренмелли шкул директорĕ пулнă Романов юлташпа завуч Егорова юлташ экзаменсенчи çыру ĕçĕсем çинчи йăнăшсене хăйсем тӳрлетнĕ, çапла вара вĕренекенсен çыру ĕçĕшĕн илнĕ паллисене юриех ӳстерсе пынă.

Эпир вĕренӳ çулне ачасем пурте лайăх вĕренсе пынипе вĕçлессишĕн тăрăшатпăр. Анчах ачасем вĕренӳре ĕлкĕрсе пынине хаклас тени вăл шкулта вĕренӳпе воспитани ĕçĕ мĕнле пынине тĕрĕссипе пăхса тухмаллине пĕлтерет. Çавăнпа та, пĕлӳсемшĕн паракан паллăсене лартнă чух çиелтен пăхни е вĕсене юриех ӳстерсе пани пулмалла мар.

Çакна асра тытмалла: экзаминаторпа ассистентăн тата инспекторăн вĕренекенсен ответне тишкерме пĕлес пулать. Çавăнпа та вĕсен вĕренекенсен отвечĕсенчи лайăх шухăшсене, хаклă сĕнӳсене тата мĕн сиктерсе хăварнисене çырса пымалла. Çапла туни учитель ĕçĕнчи çитменлĕхсене палăртма, çитес вĕренӳ çулĕнче вĕренӳпе воспитани ĕçне лайăхлатма, учительсене пĕр-пĕрин ĕç опычĕпе тĕплĕн паллаштарма май парать.

Пурте пĕлеççĕ: экзамен тытмалли тапхăр /педагогсен совечĕн ларăвĕпе вĕçленет. Çак ларура шкул çулталăк хушшинче мĕнле ĕçленине пур енчен те тĕплĕн пăхса тухаççĕ, вĕренӳпе воспитани ĕçĕнчи çитĕнӳсемпе çитменлĕхсене палăртаççĕ, вĕренӳпе воспитани пахалăхне ӳстермелли майсене шута илеççĕ.

Шкулăн вĕренӳ çулĕнчи пĕтĕм ĕçне хакламалли тĕп никĕс вăл, паллах ĕнтĕ, шкултан вĕренсе тухмалли тата пĕр класран тепĕр класа куçмалли экзамен пулать. Анчах ку вăл никĕс кăна-ха. Вĕренӳ çулĕн итогне тĕрĕс хаклас тесен, вĕренӳ çулĕ хушшинче тунă мĕнпур ĕçсене пăхса тухмалла.

Кăçал пирĕн республикăра «Педагогикăлла вулавсем», тăван чĕлхепе историе вĕрентес тата политехникăлла вĕрентӳ ыйтăвĕсене пурнăçласа пырас тĕлĕшпе наукăлла-практикăлла конференцисем пулса иртмелле. Çак ĕçе учительсене активлă хутшăнтармалла.

Шкултан вĕренсе тухмалли тата пĕр класран тепĕр класа куçмалли экзаменсене йĕркеллĕ ирттересси—кашни учителĕн, кашни шкул руководителĕн, çутĕç органĕсен чысла тивĕçĕ пулса тăрать. Çак ответлă тапхăра ăнăçлă ирттерессишĕн мĕнпур вĕренекенсем тата вĕсен ашшĕ-амăшĕсем те хытă тăрăшаççĕ. Тăван çĕршыв пирĕнтен вĕренӳ ĕçне лайăх вĕçлеме ыйтать.

**А. ТОКАРЕВ,**
**Чăваш АССР Çутĕç Министрĕ.**

# Хамăр республикăра

Çĕрпӳ районĕнчи Хрущев ячĕпе тăракан колхоз выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана ирттерсе тултарнă. Ĕне ферми колхоза пысăк тупăш парать. Дояркăсем сĕт нумайрах суса илессишĕн ăмăртаççĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: колхозри чи лайăх дояркăсем Т. Филипповăпа З. Кириллова сĕте виçсе пăхаççĕ.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

## Çулсене юсаççĕ

**ТĂВАЙ.** «Красная Чувашия» колхоз çул-йĕр тумалли плана çулсерен ирттерсе тултарать. Колхозниксем кăçал та ĕçе хастарлă тытăнчĕç. Колхоз правленийĕ çул-йĕр бригадин бригадирĕ пулма П. Толстов коммуниста çирĕплетрĕ. Вăл бригадир пулса улттăмĕш çул ĕçлет. Строительствăра паха тĕслĕхсем кăтартнăшăн ăна темиçе хутчен те преми тата Хисеп грамоти панă.

Çул-йĕр бригади ĕçе тытăннă. Пĕр çĕнĕ кĕпер тунă, пĕр кĕпер тата çул чылай юсанă, 50 кубометр чул кăларса хатĕрленĕ. Çитес кунсенче çĕр чавса купалама тытăнаççĕ.

Çĕнĕ кĕпер тунă çĕрте Г. Николаев, Я. Петров, И. Ефремов колхозниксем тăрăшса ĕçлерĕç. Бригадăн кăçал 450 кубометр чул кăларса турттармалла, 250 кубометр хăйăр турттармалла, 1.000 кубометр çĕр ĕçĕ тумалла, 150 кубометр йывăç турттармалла. Бригада çак задание июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешет.

Ленин ячĕпе, Ворошилов ячĕпе, Маленков ячĕпе, Горкин ячĕпе тăракан колхозсенчи çул-йĕр бригадисем те ĕçе тытăнчĕç.

**А. НИКОЛАЕВ.**

## Клуб сцени çинче

Чаршав уçăлчĕ. Эстрада çине вăтам пӳллĕ çамрăк хĕр тухрĕ. Вăл вырăс халăх юррине литĕ ăста юрласа пачĕ. Çамрăк юрăçă юрлама чарăнсан, залра пулнисем тăвăллăн алă çупса тав турĕç.

Екатерина Колганова Улатăрти больницăра медицина сестри пулса ĕçлет. Çавна май час-часах чугун çул станцийĕсемпе разъездсенче, ялсемпе поселоксенче пулать. Унта ĕçлекен çамрăксене искусствăпа паллаштарать, вĕсене художествăллă пултарулăх коллективĕсен ĕçне хутшăнтарать. Колганова юлташ медицина работникĕсен пултарулăх кружокне йĕркеленĕ, ăна хăй ертсе пырать.

Яланах хаваслă хĕр час-часах предприятисенче пулать, унти çамрăксемпе пьесăсемпе кинокартинăсем çинчен тата хăй вуланă кĕнекесем çинчен калаçать. Екатерина Колгановăпа пĕрле нумай производственниксем клуб сцени çинче хăйсен пултарулăхне кăтартаççĕ. Акă, пăравуссем юсакан заводри Ф. Петряев слесарь юрлама юратать, вăл художествăллă пултарулăх коллективĕнче тăрать, çав вăхăтрах ĕçре малта пыракан рабочи шутланать, производство планне куллен ирттерсе тултарать.

Хор коллективĕнче анчах мар, ытти кружоксенче те пултаруллă, талантлă çамрăксем сахал мар. Чугун çул çинче ĕçлекенсен духовой оркестрне 30 çул каярах йĕркеленĕ. Халĕ унта çамрăксем йышлăн хутшăнса, хăйсен ăсталăхне кăтартаççĕ. Прохоров, Артюшин, Айнетдинов, Смирнов тата ытти рабочисем оркестрта пулса музыка произведенийĕсене аван выляма вĕренчĕç.

Клуб çумĕнчи художествăллă пултарулăх коллективне йĕркеленĕренпе чылай вăхăт иртрĕ. Çак тапхăрта пултарулăх коллективĕнчи çамрăксенчен чылайăшĕ хăйсен ăсталăхне, пултарулăхне аван кăтартрĕç. Улатăрти Ленин ячĕпе тăракан клуб çумĕнчи художествăллă пултарулăх коллективĕнче пулнă нумай çамрăксемпе хĕрсем халĕ республикăри хуласенчи театрсенче ĕçлеççĕ. В. Сафанеев Шупашкарти çамрăксен театрĕнче ĕçлет. Т. Чижова Шупашкарти музыкальнăй училищĕре вĕренет. Вăл çулленех каникула килсе, хулари художествăллă пултарулăх коллективĕн ĕçне хутшăнать, çамрăксене паха сĕнӳсем парать.

Кăçал чугун çул çинче ĕçлекенсен клубне уçнăранпа 35 çул тултарать. Çак тапхăрта клуб коллективĕ чылай ĕçсем туса ирттерчĕ.

Халĕ клубри художествăллă пултарулăх коллективĕ станцисемпе разъездсене тата колхозсене концертсемпе кайма хатĕрленет.

**З. ШАЛАЕВА.**

## Ĕçри çĕкленӳ

**СĔНТĔР.** Инвалидсен «Производственник» артелĕ тăватă уйăхри производство планне чылай ирттерсе тултарчĕ. Уйрăмах çĕвĕ çĕлекен, атă-пушмак юсакан тата чăпта çапакан цехсем пысăк тухăçлăхпа ĕçлеççĕ. Ăмăртура П. Корпусов мастер, В. Сухарина, М. Ильина юлташсем лайăх тĕслĕх кăтартаççĕ. Вĕсем ĕç нормине куллен 120—140 процент тултарса пыраççĕ.

Артель коллективĕ çĕнĕ обязательство йышăнчĕ. Вăл çур çулхи производство планне майăн 25-мĕшĕ тĕлне тултарассишĕн кĕрешет. Апрель уйăхĕнче артель картус çĕлесе кăларма пуçларĕ. Çак уйăхра фотографипе парикмахерски уçăлать.

Артельте илнĕ обязательствăна чыслăн пурнăçлассишĕн социализмла ăмăрту сарăлса пырать.

**А. КАХОВСКИЙ.**

## Йывăççем лартаççĕ

**ЕТĔРНЕ.** Тимирязев ячĕпе тăракан колхозра усăсăр выртакан çырмасене йывăççем лартаççĕ. Нумаях пулмасть 3 гектар çĕр çине 24 пин чăрăш, хыр, акаци тата ытти тĕрлĕрен йывăççем лартрĕç. Шыв çурса кайнă çырмасене те йывăççем лартаççĕ.

Колхоз вăрманĕ çултан-çул пысăкланса пырать.

**М. ЗАХАРОВ.**

* * *

**КАНАШ.** Аччари «Красная Армия» колхозра йывăççем ытларах лартса хăварма тăрăшаççĕ. Уй-хире çилтен сыхлама 2.300 тĕп тĕрлĕрен йывăççем лартнă. Лартнă йывăççене колхозниксем лайăх пăхса ӳстереççĕ.

**Н. ФЕДОРОВ.**

* * *

**КУКЕÇ.** «Актив» ялхуçалăх артелĕн членĕсем ялти урамсене тĕрлĕрен йывăççем нумай лартаççĕ. Колхозниксем ял çывăхĕнчи çырмаллă вырăнсене те йывăççем лартса хăварма сĕнӳ пачĕç. Иртнĕ кунсенче колхоз çав вырăнсенчи 4 гектар çĕр çине 40 пин йывăç лартса хăварчĕ.

**Н. ДАНИЛОВА.**

## Вулав çурчĕ лайăх ĕçлет

**ЧКАЛОВСКИ.** Вăтаслĕнчи вулав çурчĕ кашни çулах çĕнĕ кĕнекесемпе пуянланса пырать. Халĕ унăн 1.200 кĕнеке ытла.

Вулав çурчĕн заведующийĕ В. Плечов хăйĕн ĕçне аван туса пырать. Вулав çуртĕнче «Китай Халăх Республикинче», «Вырăс художникĕсен ĕçĕсем» ятлă витринăсем пур.

Кашни кунах вулав çуртне çынсем йышлăн пухăнаççĕ. Унта вĕсем хаçат-журнал вулаççĕ, шашкăлла, шахматла выляççĕ, кĕнекесем илеççĕ. Вулакансен йышĕ çулсеренех хушăнать.

Сураки вăхăтĕнче вулав çурчĕн заведующийĕ хирте ĕçлекен колхозниксем хушшинче час-часах пулать, вĕсене хаçат-журнал вуласа парать, тĕнчери лару-тăрупа паллаштарать.

Комсомолецсен вăйĕпе стена хаçачĕ тăтăшах тухса тăрать. Унта сураки мĕнле пыни çинчен, лайăх ĕçлекен колхозниксен ĕç опычĕсем çинчен çыраççĕ.

**А. КОЗЛОВ.**
**И. СОРОКИН.**

# Коллективла договорсене вăхăтра пурнăçлар

Коллективла договорсем тунă чухне рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерсе пыма, продукци пахалăхне лайăхлатма, чĕртавар, топливо, электроэнерги перекетлеме, хăвătлă техникăна таттисĕрех ĕçлеттерме сăмах пачĕç. Çакă вăл совет çыннисен патриотизмне, вĕсем Тăван çĕршывăн экономикине вăйлатассишĕн кĕрешме хатĕр пулнине кăтартать. Коллективла договорсем рабочисемпе служащисен пурнăçпа йăла тата культура условийĕсене лайăхлатма, тухăçлă ĕçлеме паха майсем туса пама пулăшаççĕ.

Анчах коллективла договор туни—пысăк ĕçĕн пуçламăшĕ çеç. Коммунистсен партийĕ совет çыннисене панă сăмаха чыслăн пурнăçласа пыма вĕрентет. Хуçалăх тата профсоюз организацийĕсем, предприятисен коллективĕсем коллективла договор тăрăх йышăннă обязательствăсене кирек мĕнле пулсан та пурнăçлама тивĕçлĕ. Панă сăмаха пурнăçа кĕртесси совет çыннисен йăлине кĕнĕ.

Профсоюз организацийĕсен коллективла договорсем хăй тĕллĕн пурнăçланса пырасса шанса тăмалла мар. Администрацие профсоюз организацийĕ йышăннă обязательствăсене мĕнле пурнăçланине куллен тĕрĕслесе тăрсан, çитменлĕхсене пĕтерме çиĕнчех пăхса тухса татăклă мерăсем йышăнсан çеç коллективла договорсен пĕлтерĕшĕ тивĕçлĕ шайра тăма пултарать.

Кăçалхи пĕрремĕш квартал иртсен нумай предприятисенче коллективла договорсене мĕнле—пурнăçланине массăллăн тĕрĕслесе тухрĕç. Рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, тунă çитĕнӳсемпе паха опытсене пĕтĕçтернĕ вăхăтрах, ĕçри çитменлĕхсене те хăюллăн критиклерĕç, производствăра усă курман резервсене палăртрĕç, йышăннă обязательствăсене чыслăн пурнăçлама пулăшакан сĕнӳсем пачĕç. Коллективла договорсене пурнăçласа пынине массăллăн тĕрĕслени совет çыннисен политикăлла активлăхне тата ĕçри хастарлăхне ӳстерет, производство планĕсене чыслăн тултарса пыма мобилизацилет.

Кăçалхи пĕрремĕш кварталти ĕç итогĕсене пăхса тухнинчен нумай предприятисен коллективĕсем йышăннă обязательствăсене ăнăçлă пурнăçласа пыни палăрчĕ. Шупашкарти электроаппаратура заводĕ, Çĕмĕрлери йывăç япалисем тăвакан тата экстракт тăвакан заводсем, Улатăрти махорка фабрики, Етĕрнери çу тата олифа тăвакан завод тата ытти хăшпĕр предприятисем продукци туса кăлармалли кварталти плана ирттерсе тултарчĕç, техникăпа экономика кăтартăвĕсене лайăхлатмалли заданисене чыслăн пурнăçларĕç.

Асăннă предприятисенче технологи процесне пĕрмай çĕнетсе лайăхлатаççĕ, рационализаторла сĕнӳсене тата изобретенисене çиĕнчех пăхса тухса пурнăçа кĕртеççĕ, рабочисен, инженерсемпе техниксен тата служащисен ăсталăхне тăтăшах ӳстерсе пыраççĕ. Унта ĕç тухăçлăхне ӳстерме, малта пыраканесен тата новаторсен опытне сарма пулăшакан организацилле-техникăлла ĕçсем чылай туса ирттернĕ, йывăр ĕçсене механизациленĕ. Çавна пула предприятисем продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес, оборотри укçа-тенкĕн çаврăнăшне хăвăртлатас, тупăш тăвас тĕлĕшпе чылай çитĕнӳсем тунă.

Промышленность, транспорт, çыхăну предприятийĕсем 1953 çулхи пĕрремĕш кварталта социализмла ăмăртса ĕçленин итогĕсене пăхса тухса, Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ хăйсен куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавĕсене Шупашкарти электроаппаратура заводне, Етĕрнери çу тата олифа тăвакан завода, Канаш хулинчи промкомбината, Калининăри апат-çимĕç комбинатне, Вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан Шупашкарти вăрманпромхоза, Вăрнарти типографие, Çĕмĕрлери çыхăну кантурне тата Хусан чугун çулĕн Улатăрти суртсемпе сооруженисен дистанцине памалла турĕç. Асăннă предприятисемпе организацисем социализмла ăмăртăвăн условийĕсене пурне те пурнăçланă. Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕпе Чăвашоблпрофсовет президиумĕ чылай предприятисем лайăх ĕçленине палăртрĕç.

Коллективла договорсене пурнăçлани рабочисен ĕç условийĕсене лайăхлатма пулăшнă. Нумай предприятисенче çĕнĕ вентиляци тунă, хăрушсăрлăх техникине, санитарипе йăла условийĕсене лайăхлатнă. Нумай профсоюз организацийĕсем, профсоюз активĕ пулăшнипе, администраци ĕçлев законĕсене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслессине вăйлатнă. Предприятисенче ĕç дисциплини çирĕпленнĕ, стахановецсемпе ударниксен хисепĕ ӳснĕ.

Çав вăхăтрах хăшпĕр хуçалăх тата профсоюз руководителĕсем йышăннă обязательствăсене вăхăтра пурнăçлассишĕн тимлĕн кĕрешмеççĕ. Чылай предприятисенчи профсоюз тата хуçалăх организацийĕсем панă сăмаха пурнăçлассишĕн рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем хушшинче социализмла ăмăртăва кирлĕ пек сарма тăрăшмаççĕ. Фабкомсем, завкомсем тата вырăнти комитетсем предприяти администрацийĕсем хăйсен сăмахне мĕнле пурнăçласа пынине куллен тĕрĕслемеççĕ. Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ, Канашри вагонсем юсакан завод, Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики, Çĕрпӳри пир-авăр фабрики, Шупашкарти чăлха фабрики, «Чăвашвăрман» трестне пăхăнса тăракан чылай вăрманпромхозсем, Вырăнти промышленность министерствине пăхăнса тăракан хăшпĕр предприятисем пĕрремĕш кварталти производство планне тултарманни администрацие профсоюз организацийĕсем йышăннă обязательствăсене пурнăçламанинчен килнĕ те ĕнтĕ.

Чылай предприятисенче продукци туса кăлармалли плана пĕтĕмпе тултарас тесе, государствăна хирĕçле ĕçсем тăваççĕ, планра палăртнă чи кирлĕ йышши продукци туса кăлармалли задание тултарайманнине иккĕмĕш вырăнта тăракан япаласене планран ирттерсе туса кăларнипе витме тăрăшаççĕ. Шупашкарти тарасасем юсакан завод пĕрремĕш кварталти плана пĕтĕмĕшпе тултарнă. Анчах вăл плана тарасасемпе пукансем юсамалли задание пурнăçланипе мар, планра палăртман япаласем—витресем, тазсем нумай туса кăларнипе тултарнă.

Хăшпĕр предприятисенче туса кăларакан продукцин пахалăхĕ тĕлĕшпе государство дисциплинине пăсаççĕ. Потребительсене юрăхсăр, йышăннă стандартпа тата техникăлла условисемпе килĕшсе тăман таварсем тăратни те пулкалать. Сăмăл промышленноçпа вырăнти тата апат-çимĕç промышленноçĕн предприятийĕсенче япăхрах сортлă продукци туса кăларас йăла пур. Çак çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтерни кирлĕ.

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Государство планĕ вăл—закон. Предприятисен пурин те хăйсене панă государство заданийĕсене тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çителĕклĕ туса кăлармалла. Хуçалăх руководителĕсен тата парти организацийĕсен плана кашни предприяти тăрăх валовой продукци хисепĕ енĕпе кăна мар, государство планĕ тăрăх палăртнă мĕнпур япаласене туса кăларас тĕлĕшпе те обязательнă тултармалла тăвас пулать, туса кăларакан продукцин пахалăхне пĕрмаях лайăхлатса пымалла, предприятие йĕркеллĕ ĕçлеме чăрмантаракан сăлтавсене тупса, вĕсене пĕтĕмпех пĕтермелле», терĕ.

Хуçалăх тата профсоюз руководителĕсен Г. М. Маленков юлташ кăтартса панинчен тивĕçлĕ вывод тумалла, умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçласа пыма хăйсен коллективĕсене мобилизацилемелле.

Хăшпĕр хуçалăх руководителĕсем рабочисем валли тухăçлă ĕçлеме, культурăллă канма паха майсем туса пама тăрăшмаççĕ. Фабкомсемпе завкомсем çавăн пек çитменлĕхсене критиклемеççĕ, ĕççынисен ыйтăвĕсене тулли кăмăлпа тивĕçтерессишĕн хуçалăх руководителĕсен ответлăхне ӳстерме тăрăшмаççĕ.

ВЦСПС президиумĕ йышăннă тăрăх, коллективла договорсене пурнăçланине кашни кварталта тĕрĕслемелле. Çак постановлени чылай предприятисенче пăсаççĕ. Уйрăм предприятисенче кăçалхи пĕрремĕш кварталти ĕç итогĕсене пăхса тухман. Хăшпĕр фабрикăсемпе заводсенче тата стройкăсенче договора пурнăçланине формально, кабинетра, массăсене хутшăнтармасăр тĕрĕслеççĕ. Договорсене фабкомсемпе завкомсем çумĕнчи яланхи комиссисен тĕрĕслемелле. Хăшпĕр çĕрте çак йĕркене пăсаççĕ, ятарласа комиссисем е бригадăсем уйăраççĕ. Çапла туни яланхи комиссисен пуçарулăхĕпе ответлăхне чакарать.

Нумай профсоюз обкомĕсем тата министерствăсемпе управленисем, трестсем коллективла договорсене пурнăçлама профсоюз организацийĕсемпе предприятисене сахал пулăшаççĕ, çак ĕç вырăнсенче мĕнле пулса пынине тĕрĕслемеççĕ. Вăрман тата сулă юхтаракан рабочисен профсоюзĕн обкомĕ (П. Ильин юлташ) тата «Чăвашвăрман» тресчĕ (управляющийĕ Ф. Киркин юлташ) вăрманпромхозсенче коллективла договорсене мĕнле пурнăçланине тата мĕнле тĕрĕслесе тăнине пĕлмеççĕ. Çавăн пек çитменлĕх вырăнти промышленноçри рабочисен профсоюзĕн обкомĕпе Вырăнти промышленность министерствин ĕçĕнче те пур.

Договорсене массăллăн тĕрĕсленĕ чухне предприятисенчи çитменлĕхсене тата çав çитменлĕхсем мĕнрен килнине хăюллăн палăртмалла, обязательствăсене пурнăçламаншăн айăплă руководительсене пĕр шелсĕрех критиклемелле. Коллективла договорăн кашни пунктне вăхăтра пурнăçлассишĕн хуçалăх тата профсоюз руководителĕсен ответлăхне ӳстермелле, вĕсене тивĕçлĕ пулăшу памалла.

Хăшпĕр предприяти директорĕсем рабочисемпе служащисем умĕнче отчет тумаççĕ. Çакă вăл вĕсем аялтан килекен критикăран хăранине, коллектив умĕнче йышăннă обязательствăна пурнăçлассишĕн хăйсем çинчен ответлăха сирсе яма тăрăшнине пĕлтерет. Уйрăм хуçалăх руководителĕсем çавăн пек хăтланнипе профсоюз организацийĕсем килĕшсе тăма пултараймаççĕ.

Рабочисемпе служащисен пĕрлехи пухăвĕсенче е конференцийĕсенче хуçалăх тата профсоюз руководителĕсем хăйсем отчет тума, ĕçри çитменлĕхсене палăртма, çапла вара критикăна анлăн сарма май туса пама тивĕçлĕ. Пухусемпе конференцисенче ĕçлĕ критикăна сарас тĕлĕшпе фабкомсемпе завкомсен руководителĕсен хăйсен пуринчен малтан паха тĕслĕх кăтартмалла. Профсоюз руководителĕсен йышăннă обязательствăна администраци мĕнле пурнăçласа пынине тĕплĕн çутатса памалла, хуçалăх руководителĕсен йăнăшне критиклемелле, ĕçри çитменлĕхсене палăртмалла, çав çитменлĕхсене пĕтерме пулăшакан сĕнӳсем памалла.

Пухусемпе конференцисенче рабочисемпе служащисем, çитменлĕхсене палăртнă май, паха сĕнӳсем нумай параççĕ. Профсоюз тата хуçалăх руководителĕсен рабочисемпе служащисен пур сĕнĕвĕсене те шута илмелле тата çав сĕнӳсене пурнăçа кĕртмелли срокcене палăртмалла, Пĕрремĕш кварталта пурнăçлайман обязательствăсене иккĕмĕш кварталта пурнăçламалла тăвас пулать.

Фабкомсемпе завкомсен тата месткомсен коллективла договорсене тĕрĕслес ĕçе профсоюз активне анлăн хутшăнтармалла, яланхи комиссисен ĕçне вăйлатмалла. Кашни предприяти, цех, участок, бригада, рабочи харпăр хăй обязательствине чыслăн пурнăçласа пытăр. Хуçалăх тата профсоюз руководителĕсем ĕç тухăçлăхне ӳстерсе пыма, хăвăтлă техникăна таттисĕрех ĕçлеттерме, наукăпа техникăн çĕнĕ çитĕнĕвĕсемпе, малта пыракан коллективсен тата производство новаторĕсен опычĕпе анлăн усă курма мĕн кирлине пурне те туса памалла.

1953 çулхи плана срокчен тата ирттерсе тултарассишĕн промышленноçра, транспортра, строительствăра, ялхуçалăхĕнче тата суту-илӳ организацийĕсенче социализмла ăмăртăва çĕнĕ хăвалпа вăйлатса пырар!

**М. РОМАНОВА,**
**Чăвашоблпрофсовет председателĕ.**

## Китайри промышленность строительстви

ПЕКИН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Китай Халăх Республикин халăх хуçалăхне аталантармалли пĕрремĕш пилĕк çуллăх план тăрăх, районсен, провинцисен центрĕсенче, уйрăм вырăн йышăнакан районсемпе уездсен центрĕсенче промышленность строительствине вăйлăн аталантарма палăртнă. Çак хуласенче часах çĕнĕ заводсем, фабрикăсем, электростанцисем ӳссе ларĕç. Çĕршывра промышленноçлă çĕнĕ центрсем пулса тăраççĕ.

Хунань провинцийĕнчи Чанша хулинчен инçетре мар авалхи хула Сянтань ларать. Çак хулара гоминдан реакционерĕсем пуç пулса тăнă вăхăтра пĕр пĕчĕк завод çеç пулнă. Хула халăхĕ суту-илӳ туса, тĕрлĕ эмелсем хатĕрлесе, алăстипе пурăннă. Вĕсен тĕп ĕçĕ—провинцири хресченсем валли йывăç пушмаксем тăвасси пулнă.

Халăх влаçĕ пулса тănă хыççăн, хула сăн-сăпачĕ тĕпрен улшăннă. Кунта пысăк электромеханически завод туса лартнă. Çак завод туса кăларакан генераторсене, электромоторсене, трансформаторсене тата ыттисене Китайра нумай çĕнĕ стройкăсенче курма пулать. Хулара çавăн пекех механически завод, кирпĕч завочĕ тата ытти предприятисем нумай туса лартнă.

Пилĕк çуллăх план тăрăх, Сянтань хулинче пир-авăр фабрики туса лартма палăртнă. Кунта 50.000 йĕпе тата пир тĕртекен пин станок ĕçлемелле. Çавăн пекех машинăсем тăвакан завод, электричество кабелĕсем тăвакан завод тата ыттисем те туса лартмалла. Хулара çуртйĕрпе культура учрежденийĕсен строительстви анлăн сарăлса пырать.

## Чехословаки промышленноçĕ хăватлă экскаваторсем туса кăларать

ПРАГА, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Чехословакири Йывăр машиностроени завочĕсем Чехословакири стройкăсем валли тата халăх демократи çĕршывĕсенчи стройкăсем валли çĕр чавакан хăватлă машинăсем туса кăлараççĕ. Бабиц заводĕнче ĕçлекен рабочисем, инженерсем, техниксем шыв çинче çӳрекен «В 100-01» тата «В 100-03» йышши хăватлă экскаваторсем тума тытăннă. «В 100-03» экскаватор 18 метр тарăнăшĕнчен тăпра кăларса илме пултарать. Вăл пĕр сехет хушшинче 20 вагон çине тиеме кирлĕ чухлĕ хăйăр тата вĕт чул кăларать.

## Албани ялĕсене электрификацилени

ТИРАНА, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Халăх влаçĕ Албани ялĕсене электрификацилеме тытăннă. Пысăках мар гидроэлектростанцисем лартса, малтанлăха темиçе яла электрификациленĕ. Кăçал электричество сутпипе 27 ялта усă курма пуçлаççĕ.

Корча, Саранде, Влора, Тепелена, Скрапари, Эрсеки районĕсенчи чылай ялсенче гидроэлектростанцисем лартас тĕлĕшпе ĕç-сыннисем тăрăшса ĕçлеççĕ. Пешкупие районĕнчи Резкнан тата Мухур ялĕсенчи хресченсем гидроэлектростанцисем лартма тытăннă. Государство вĕсене материалсем, оборудовани тата техникăлла пулăшу парса пулăшать.

Ялсенчи гидроэлектростанцисене нумайăшне государство шучĕпе тата хресченсем активлăн хутшăннипе тăваççĕ. Сăмахран, Корча районĕнчи хресченсем 5 гидроэлектростанци тума 2.750.000 лек укçа хывнă.

## *Корея халăхĕ вырăс чĕлхине вĕренет*

ПХЕНЬЯН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикинчи ĕçсыннисем вырăс чĕлхине вĕренессипе питĕ интересленеççĕ. Вырăс чĕлхи вĕсене малта пыракан совет культурипе паллашма *тата совет наукине вĕренме* пулăшать. Вырăс чĕлхине рабочисем, служащисем, инженерсем, техниксем, студентсем, Корея Халăх çарĕн воинĕсем, партипе государство организацийĕсен тата наука учрежденийĕсен работникĕсем вĕренеççĕ.

Вырăс чĕлхине вĕренекенсен кружокĕсен шучĕ пĕрмай ӳссе пырать. Вырăс чĕлхине вĕренекенсене Корейăри радиокомитет пысăк пулăшу парать. Вăл радио тăрăх вырăс чĕлхи çинчен уроксем ирттерет. Корейăпа Совет Союзĕ хушшинче культурăллă çыхăну тытакан общество организацийĕсем хăйсен членĕсем хушшинче вырăс чĕлхи учебникĕсемпе словарĕсем 2 миллион кĕнекене яхăн вырнаçтарнă. Çак обществă вырăс чĕлхине вĕрентекен курссем нумай ирттерет. Вĕсем вырăс чĕлхине вĕрентекен кружоксем валли преподавательсемпе руководительсем хатĕрлеççĕ. Корейăри тĕп телеграф агентстви пĕлтернĕ тăрăх, кăçалхи çулăн пĕрремĕш кварталĕнче çакăн пек курссем пĕтĕмпе 749 пулнă, вĕсенче 15.500 çын ытла вĕреннĕ.

## Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнине палăртма Австрире юбилей комитечĕ туса хунă

ВЕНА, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Кăçалхи сентябрĕн 9-мĕшĕнче вырăссен аслă писателĕ Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă май, Австрипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществи пуçарнипе, Австрире юбилей ирттерме ятарласа комитет тунă.

Комитета Австрипе Совет Союзĕ хушшинчи туслăх обществин председателĕ Гуго Глязер профессор, Австрири наука академийĕн президенчĕ Рихард Мейстер, çавăн пекех Вена, Грац, Иннсбрук хулисенчи университетсен представителĕсем кĕнĕ.

Юбилей комитечĕ ятарласа йышăннă пĕлтерӳре çапла каланă: Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул тултарнă ятпа туса ирттерекен тĕрлĕ ĕçсем Австрире сентябрĕн 9-мĕшĕнче пуçланаççĕ те кĕркунне тăршшĕпех пыраççĕ. Л. Н. Толстой çуралнăранпа 125 çул çитнĕ ятпа Вена университетĕнче савăнăçлă лару пулать. Аслă писателĕн пурнăçĕпе ĕçĕсене кăтартакан выставкăсем нумай организацилеççĕ.

### ИТАЛИРЕ ТАВАР ХАКĔСЕМ ӲСНĔ

РИМ, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Христианла демократсен партийĕ юлашки 5 çул хушшинче, хăй влаçра тăнă вăхăтра, Италири ĕçсыннисен пурнăç шайĕ ӳснĕ пек кăтартса пама хăтланать. Çакна тăрă шыв çине кăларса, «Унита» хаçат чылай материалсем пичетлесе кăларнă. Вăл материалсем кăтартса панă тăрăх, 1948—1953 çулсем хушшинче тавар хакĕсем çакăн чухлĕ ӳснĕ: çăкăр—15 процент, аш—14,4 процент, кофе—54,2 процент, çăмарта—27,2 процент, сигаретсем—45,4 процент, тумтир—3,5 процент. Çавăн пекех электроэнергипе горючишĕн тӳлемелли тариф укçи 56,6 процент, хваттер укçи 352 процент, чугун çул тарифĕ 36—100 процент таран, почта тарифĕ 87,5—150 процент ӳснĕ.

## Англипе Египет хушшинчи çыхăнусем пирки

КАИР, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). «Аль-Ахрам» хаçат пĕлтернĕ тăрăх, Египет правительстви Англин Хартумри (Судан) суту-илӳ агентствине хупма Англирен официальнăй йĕркепе ыйтнă. Çак агентствăна туса хуни вăл Судан çинчен тунă килĕшӳве сĕмсĕррĕн пăсни пулать, тенĕ Египет правительстви.

### ФРАНС ПРЕСС АГЕНТСТВИ СУЭЦ КАНАЛĔН ЗОНИНЧИ ЛАРУ-ТАРУ ÇИНЧЕН

ПАРИЖ, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Исмаилирен пĕлтернĕ тăрăх, «Англин Суэц каналĕн зонинче тăракан çарĕсем тревога вăхăтĕнчи пек тăраççĕ... Çарсем çапăçăва хутшăнма хатĕр. Тĕреклетнĕ линисем хыççăн тухмалли вырăнсене çирĕппĕн тĕрĕслесе тăраççĕ...

Суэц каналĕн пĕтĕм зона территорийĕнче йывăр лару-тăру пулса тăнă».

### ЕГИПЕТ ПРЕДСТАВИТЕЛĔ АНГЛИПЕ ЕГИПЕТ ХУШШИНЧИ ÇЫХĂНУСЕМ ÇИНЧЕН ПĔЛТЕРНИ

ПАРИЖ, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Франс Пресс агентствин корреспонденчĕ Каиртан çапла пĕлтерет:

Хаçатсем пĕр авторитетлă представитель майăн 12-мĕшĕнче çĕрле çакăн пек каланине пичетлесе кăларнă:

«США государство секретарĕ Даллес килнĕ хыççăн та Англипе Египет хушшинчи ĕçсем халиччен пекех юлаççĕ. Англи çарĕсене Суэц каналĕн зонинчен илсе тухмалла тăвасси çинчен, Англипе Египет хушшинчи калаçусем çитес çывăх вăхăтра тепĕр хут пуçланасси çинчен калама май паракан нимĕнле сăлтав те çук».

## Америка авиацийĕ Китайри хуласем çине тапăннă

ПЕКИН, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ ĕнер Мукденран çапла пĕлтернĕ:

США сывлăш çар вăйĕсен самолечĕсем майăн 10-мĕшĕнче тата 11-мĕшĕнче, Китайăн чиккисем урлă вĕçсе каçса, Сурçĕр-Хĕвелтухăç Китайри Лакушао тата *Аньдун хулисем çине тапăннă*. Çак ĕç вăл перемири çинчен пыракан калаçусем ответлă тапхăра кĕнĕ чухне тата пĕтĕм тĕнчери халăхсем Корейăра вăрçă ĕçĕсене халех чарса лартасса кĕтсе тăнă вăхăтра пулса иртнĕ.

Америкăн 17 самолечĕ («F-84» йышши 11 самолет тата «F-86» йышши 6 самолет) майăн 10-мĕшĕнче ирхине 10 сехет те 27 минутра Лакушао çине вĕçсе пырса 20 бомба пăрахнă. Пĕр çын аманнă.

США сывлăш çарĕн 8 бомбардировщикĕ—«В-29» тата «В-26» йышши бомбардировщикĕсем—уйрăм ушкăнсемпе Китай чикки урлă вĕçсе каçнă, майăн 10-мĕшĕнче каçхине 9 сехет те 35 минутра тата майăн 11-мĕшĕнче ирхине 10 сехет те 04 минутра Аньдун хули çине тапăннă. Вĕсем листовкăсем пăрахнă, пулеметсенчен пенĕ тата хула çине 34 бомба пăрахнă. 44 çын вилнĕ, 41 çын йывăр аманнă, 171 çын çăмăл аманнă. Самолетсем çакăн пек тапăннипе пула, пурĕ 257 çын вилнĕ тата аманнă, 1.100 çурт ишĕлнĕ.

### АНГЛИ ПРЕМЬЕР-МИНИСТРĔ ЧЕРЧИЛЛЬ ТУХСА КАЛАНИ

ЛОНДОН, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Рейтер агентстви пĕлтернĕ тăрăх, паян Англин премьер-министрĕ Черчилль общинăсен палатинче тулаçри политика ыйтăвĕсем тăрăх доклад тунă. Иден чирленĕ пирки Черчилль халĕхи вăхăтра ют çĕршыв ĕçĕсен министрĕн ĕçĕсене туса пырать.

# *Ыйтусемпе ответсем*

ЫЙТУ. Çăлкуç шывĕсем мĕншĕн пурте пĕр пек мар?

И. Кириллов, Шăхасан районĕнчи Малти Тукай ялĕ.

ОТВЕТ. Çанталăк ăшăтма тытăнсан, хĕллехи юр ирĕлет. Юр ирĕлнĕ çемĕн унăн шывĕ аялалла анать. Çĕр çителĕклĕ ăшăнсан, юр шывĕ, тăпра витĕр тухса, шыва сăрхăнса кĕме чарман сийсем урлă тата аялалла куçса пырать, тăмлă сий патне çитет. Тăмлă сий хăй витĕр шыва питĕ хуллен çеç аялалла антарать. Çавăнпа çуркунне çĕрĕн тăмлă сийĕсем çинче шыв чылай пухăнать те аяларахри вырăнсене юхса каять. Султан-сулăх çапла пулса пынипе çĕр айĕнче (тăмлă сийсем çийĕнче) юхакан шывçулĕсем пулса тăраççĕ, вĕсем тăрăх шыв çĕр айĕнче чылай аякка юхса кайма пултарать. Сулланхи тата кĕркуннехи çумăрсен шывĕ те çавăн пекех çĕр айĕнчи тăмлă сийсем патне сăрхăнса анать те малалла çĕр айĕнчи шыв çулĕсемпе юхма пуçлать.

Çĕр айĕнчен юхса пыракан шыв çулне пĕр-пĕр тарăн çырма татса кайсан, вара çак вырăнта çăлкуçĕ пулать, тăмлă сийсем çийĕнчен юхса пыракан шыв сăрт хĕрринчен шăнкăртатса юхса тухать.

Çумăр е юр шывĕ тап-таса çĕре лексен, вăл, çĕрти тĕрлĕ веществосене нумайăшне ирĕлтерсе, аялалла анать. Çавăнпа шыва чаракан сийсем тăрăх юхса пыракан шывра хуть те хăçан та тĕрлĕ ирĕлнĕ веществосем чылай пулаççĕ. Хăш чухне пĕр-пĕринчен ытла инçе мар çăлкуçсен шывĕ те пĕр пек пулмасть, пĕринче шыв ĕçме юрăхлă, тепринче — юрăхлă мар. Çапла пулни пĕр çăлкуçа шыв пĕр вырăнтан, тепĕр çăлкуç патне—тепĕр вырăнтан юхса пынине, иккĕмĕш çăлкуçĕ патне юхса пыракан шывра этеме юрăхлă мар веществосем ирĕлсе шыв тутине пăснине пĕлтерет.

Юри чавса пусă тунă чухне, шыва чаракан сий патне çитсе татах чавсан, пусă тĕпне шыв тулать. Ăсса тăрсан та унти шыв иксĕлмест, тăмлă сий çийĕпе юхакан шыв унта пырсах тăрать. Пусăри шыва чылайччен ăсса илмесен те унти шыв çаплипех юлать, хушăнни палăрмасть, мĕншĕн тесен ытлашши шыв хăй çулĕпе ытти çĕрелле юхса кайсах пырать. Çуркуннехи вăхăтра пусăсенче шыв нумайланать, тăмлă сий патне çитнĕ шыв юхса кайса пĕтеймест.

Çĕрĕн çиелти сийĕ хĕлле шăнса пăрланма пултарать, аяларах выртакан сийсене хĕллехи сивĕ çитеймест. Тарăнрах выртакан сийсен температури хĕлле те, çулла та пĕр пекех пулать, улшăнмасть. Тарăн шахтăсене чавнă чухне аялалла анăçемĕн температура хăпарса пынине асăрханă. Пĕр-икĕ километр тарăнăшĕнче выртакан сийсен температури утмăл градуса çитме пултарать, хăш çĕрте тата ăшăрах та пулма пултарать. Çавăнпа хăш çĕрте питĕ тарăн вырăнтан тухакан çăлкуç шывĕ вĕри пулать. Çавăн пек шывра тĕрлĕ веществосем нумай ирĕлнĕ. Вăл шыв ĕçме юрăхлă мар. Çавăн пек шывпа çăвăнса, шыва кĕрсе, хăшпĕр чирсенчен сывалаççĕ. Курортсенчи ваннăсене çавăн йышши шыв тултараççĕ, ваннăсене кĕрсе ларни хăшпĕр ӳт-тир чирĕсене пĕтерет. Чăваш республикинче тарăнран тухакан çăлкуçсем çук, çавăнпа вĕсен шывĕ вĕри мар. Вăтам шутпа пирĕн патри çăлкуçсенчи шыв температури вунă градуса яхăн пулать. Çулла, сывлăш питĕ ăшă чухне, вунă градус ăшă шыв та пире питĕ сивĕ пек туйăнать. Хĕллехи вăхăтра вара çăлкуç шывĕ чылай ăшăрах пек туйăнать. Термометрпа виçсе пăхсан эпир çăлкуçсенчен юхса тухакан шыв температури хĕлле нумай улшăнманнине пĕлме пултаратпăр. Тарăнрах вырăнсенчен тухакан шыв температури хĕлле те, çулла та пĕр пекех пулать, çиеле тухсан çеç хĕлле сивĕнет, çулла — ăшăнать.

Хĕлле юр чылай пулсан тата вăл хуллен ирĕлсе пĕтсен, çĕре шыв нумайрах сăрхăнса кĕнипе çăлкуçсем вăйлăрах пулаççĕ, вĕсенчен шыв нумайрах юхса тухма пуçлать. Юр сахал çунă çул çăлкуçсенчи шыв сахалланса çитет. Кун пек çулсенче çулла çумăр çумасан хăшпĕр çăлкуçсем типсе ларма та пултараççĕ.

Тăмлă сийсем хăйсем витĕр шыва сахал яраççĕ пулсан та, вĕсен тăрăх аялалла чылай шыв сăрхăнса анать. Çапла тăмлă-хăйăрлă сийсем пĕтнĕ вырăнта, талкăшĕпех чуллă сий çинче, нумай шыв пухăнать. Вăл хăшпĕр вырăнсенче тăварлă, хăшпĕр çĕрте ĕçме юрăхлă пулать. Пушхирсенче çав чи аялта выртакан шывпа та усă кураççĕ. Тарăнри шывсене кăларма çĕре ятарласа тунă пăрăсемпе тем тарăнăшех шăтараççĕ, вара шыва трубасем тăрăх насуссемпе уçласа кăлараççĕ, сайра хутра шыв хăех пĕрĕхсе тухма та пултарать.

**Ф. КУЗЬМИН.**

# Корейăри ĕçсем

### ХАЛĂХ ÇАРĔН ГЛАВНĂЙ КОМАНДОВАНИЙĔ ПĔЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 12-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ: иртнĕ кун хушшинче фронтсенче нимĕнле улшăнусем те пулман.

Зенитнăй çарсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем паян тăшманăн 3 самолетне персе ӳкернĕ.

ПХЕНЬЯН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). Демократиллĕ Корея Халăх Республикин Халăх çарĕн Главнăй командованийĕ майăн 13-мĕшĕнче çапла пĕлтернĕ:

Иртнĕ кун хушшинче Корея Халăх çарĕпе Китай халăх добровольцĕсен чаçĕсем Пенамдон районĕнче тăшмана хирĕç çапăçнă.

Зенитнăй çарсем тата самолетсене хирĕç кĕрешекен салтаксем тăшманăн 2 самолетне персе ӳкернĕ.

## Корейăра перемири çинчен пыракан калаçусем

ПЕКИН, майăн 11-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ Кэсонран пĕлтернĕ тăрăх, паян Корейăпа Китай делегацийĕ çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Майăн 11-мĕшĕнче пулнă ларура Корейăпа Китай енĕн главнăй делегачĕ генерал Нам Ир тепĕр енĕ майăн 10-мĕшĕнче тунă заявлени пирки тата тепĕр енĕ панă ыйтусем çине çакăн пек ответ панă:

«Пирĕн енĕ çапла шутлать: интересленекен çĕршыв тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем ирттернĕ хыççăн та нейтральнăй государствăсен представителĕсенчен уйăрса тунă комисси аллинче çаплах тыткăнри çар çыннисем юлас пулсан, вĕсен кун-çулĕ çинчен тăракан ыйтăва аслăрах представительсенчен уйăрнă политикăлла конференцие памалла. Эсир çакнашкал политикăлла конференци çак ыйтăва тĕрĕс татса пама пултараймасть тесе калани вырăнлă мар. Сирĕн делегаци пĕр хут çеç мар ĕнтĕ вăйпа репатриаци тума юрамасть çинчен калать. Эсир çапла калани вырăнсăр. Пирĕн делегаци: хăйсен тăван çĕршывне таврăнасшăн пулман çар çыннисем пулма пултараççĕ, тесе шутламасть. Çавăнпа та, тӳрех репатриаци туман çар çыннисем хушшинче, тыткăна илнĕ çĕршыв контролĕнчен хăтăлнă хыççăн тата интересленекен çĕршыв паллă срок хушшинче ăнлантару ĕçĕсем туса ирттернĕ хыççăн та, хăранипе хăйĕн тăван çĕршывне таврăнма иккĕленсе тăракан уйрăм çар çыннисем *пулас-мĕн пулсан*, çакăн пек тыткăнри çар çыннисен кун-çулĕ çинчен тăракан ыйтăва аслăрах представительсенчен уйăрнă политикăлла конференци кăна тĕрĕс татса пама пултарать. Çак ыйтăва татса пама политикăлла конференцие парассине, ку ыйтăва политикăлла конференци татса пама пултараймасть тесе, чарса тăма хăтланни вăл пачах тĕрĕс мар. Пирĕн делегаци ку ыйтăва политикăлла конференцие пама кирлине çирĕппĕн ĕненсе тăрать.

Ĕнерхи ларура сирĕн делегаци тепĕр хут ĕçĕн уйрăм енĕсене тивекен чылай ыйтусем кăларса тăратрĕ. Вĕсенчен хăшне-пĕрне тĕп ыйту тăрăх икĕ енĕ те килĕшсе татăлнă хыççăн, пĕр-пĕринпе консультаци тунă хыççăн çăмăллăнах татса пама пулать, вĕсенчен теприсем татса памалла мар ыйтусем пулса тăмаççĕ. Ĕçĕн уйрăм енĕсем çинчен тăракан ыйтăва илес пулсан, пирĕн делегаци уççăнах çакна кăтартса пачĕ: икĕ енĕ тĕп ыйтусем тăрăх калаçса татăлнă хыççăн, ĕçĕн уйрăм енĕсем çинчен тăракан ыйтусене икĕ енĕ тĕрĕс татса пама пултараççĕ. Пирĕн делегаци çапла шутлать: хальхи вăхăтра икĕ енĕн делегацийĕсен ĕçĕн уйрăм енĕсем пирки шухăшласа хăйсен вăйне усăсăр пĕтермелле мар, тĕп ыйтусем тăрăх хăвăртрах килĕшӳ тума тăрăшмалла. Çакăн хыççăн вара ĕçĕн уйрăм енĕсем çинчен сӳтсе явма тата Корейăри перемири тăвассине пурнăçа кĕртме тытăнмалла.

Çакна та кăтартса парас пулать: пĕрлехи ларусем пуçланнă хыççăн, пирĕн делегаци апрелĕн 26-мĕшĕнче ултă пунктран тăракан практикăлла сĕнӳ тăратрĕ. Эпир халĕ те çак сĕнĕве тĕрĕс сĕнӳ тесе шутлатпăр. Анчах та, сирĕн делегаци тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисене Корейăрах хăвармалла тăвасшăн пулнине шута илсе, пирĕн делегаци, хăй апрелĕн 26-мĕшĕнче кăларса тăратнă сĕнĕве тепĕр хут тăратма пултарассине асра тытса, тыткăнри çак çар çыннисене Корейăра хăвармалла тăвас пирки эсир панă сĕнĕве йышăнма тăрăшрĕ тата майăн 7-мĕшĕнче сакăр пунктран тăракан çĕнĕ сĕнӳ тăратрĕ. Кунсăр пуçне, пирĕн делегаци çак çĕнĕ сĕнӳ пирки эсир панă ыйтусем пирки тивĕçлипе ăнлантарса пачĕ. Çавăнпа та эпир: хальхи вăхăтра çак сĕнӳре эпир кăларса тăратнă тĕп ыйтусем пирки калаçса татăлассине чарса тăма пултаракан нимĕнле сăлтав та çук, тесе шутлатпăр».

Тепĕр енĕ ларура репатриаци тумасăр юлма пултаракан тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан ыйтăва аслăрах представительсенчен уйăрнă политикăлла конференци татса пама пултараймасть тесе темиçе хутчен те вырăнсăр каланă сăмахсенех тепĕр хут каланă. Кунсăр пуçне, интересленекен çĕршыв тӳрех репатриаци туман çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕсем туса ирттерме палăртнă 4 уйăх хушши срок ытла та пысăк теме пуçланă тата ĕçĕн уйрăм енĕсем çинчен тăракан ыйтăва хускатнă.

Генерал Нам Ир Корейăпа Китай делегацийĕн позицийĕ çинчен тепĕр хут каласа панă. Тепĕр енĕн шухăшне пăхса тухнă хыççăн Корейăпа Китай делегацийĕ çак срока чакармалла турĕ, тенĕ вăл. Тӳрех репатриаци туман тыткăнри çар çыннисем хушшинче ăнлантару ĕçĕ туса ирттерме Корейăпа Китай енĕ апрелĕн 26-мĕшĕнче тăратнă сĕнӳре 6 уйăх хушши срок палăртнă пулсан, Корейăпа Китай енĕ майăн 7-мĕшĕнче тăратнă сĕнӳре çак ĕçе туса ирттерме 4 уйăх хушши срок палăртать. Корейăпа Китай делегацийĕ çак 4 уйăх хушши срока вырăнлă тесе шутлать.

Генерал Нам Ир тата малалла çакна кăтартса панă: делегатсен пĕрлехи ларăвĕсем пуçланнăранпа Корейăпа Китай делегацийĕ Корейăра хăвăртрах перемири тăвас тесе ялан пĕтĕм вăя хурса кĕрешнĕ. Вăл темиçе хутчен те ĕнтĕ: тĕп ыйтусем тăрăх калаçса татăлнă хыççăн ĕçĕн уйрăм енĕсене тĕрĕслĕх никĕсĕ çинче çăмăллăнах икĕ енĕшĕн те килĕшӳллĕн татса пама пулать, тесе каланă. Ĕçĕн уйăрм енĕсем çинчен тăракан ыйтусене хускатса тĕп ыйтусем пирки калаçса татăлассине тăсса пыма нимĕнле сăлтав та çук. Юлашкинчен генерал Нам Ир тепĕр хут Корейăпа Китай делегацийĕн сĕнĕвĕнче кăларса тăратнă тĕп ыйтусем тăрăх хăвăртрах калаçса татăлма сĕннĕ. Çакăн хыççăн вара ытти ыйтусене сӳтсе явма тытăнма май пултăр, тенĕ вăл.

Икĕ енĕ те çитес ларăва майăн 12-мĕшĕнче ирхине 11 сехетре ирттерме йышăннă.

ПЕКИН, майăн 12-мĕшĕ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчĕ пĕлтернĕ тăрăх, Корейăпа Китай делегацийĕ паян çакăн пек пĕлтерӳ пичетлесе кăларнă:

Икĕ енĕн делегацийĕсен майăн 12-мĕшĕнче пулнă ларăвĕнче Корейăпа Китай делегацийĕн пуçлăхĕ генерал Нам Ир: репатриаци тумасăр юлнă тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан ыйтăва политикăлла конференцире татса памалла тесе, çĕнĕрен ăнлантарса панă. Вăл кăтартса панă тăрăх, Корейăпа Китай делегацийĕн позицийĕ çакăн пек: ыйтусене пĕр-пĕрин хыççăн татса памалла, калаçусен хальхи тапхăрĕнче çитес тапхăрта тăракан ыйтусене татса пама çул хывмалла. Анчах та, тенĕ вăл, тепĕр енĕ калаçусен çитес тапхăрĕнче татса памалли ыйтусене халĕ кăларса тăратать, репатриаци тумасăр юлнă тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан ыйтăва политикăлла конференци татса пама пултараймасть тесе çирĕплетсе калама тăрăшать. Çакă вăл, тенĕ генерал Нам Ир, ыйтусенчен пĕрне те татса памалла мар туса хурать, çавăн пек пулсан, Корейăра перемири тума май пулмасть.

Генерал Нам Ир тепĕр хут çакна палăртнă: Корейăпа Китай енĕ майăн 7-мĕшĕнче панă çĕнĕ сĕнӳ тыткăнри çар çыннисем çинчен тăракан пĕтĕм ыйтăва йĕркелесе ямалли тĕрĕслĕхлĕ те практикăлла никĕс пулса тăрать. Генерал Нам Ир çавăн пекех тата тепĕр енĕ майăн 11-мĕшĕнче панă ыйту çине ответленĕ. Тепĕр енĕ нейтральнăй çĕршывсен представителĕсенчен репатриаци тума уйăракан комисси членĕсене укçа мĕнле тӳлесе тăмалла тăвасси çинчен ыйту панă пулнă. Перемири тăвас ĕçе вăраха тăсас тĕлĕшпе юлашки кунсенче тепĕр енĕ кăларса тăратакан сăлтавсем вырăнлă мар, тесе кăтартса панă генерал Нам Ир. Икĕ енĕн делегацийĕсен ларăвĕн Корейăпа Китай делегацийĕ майăн 7-мĕшĕнче тăратнă сĕнĕве халех йышăнас пулать, çапла вара ĕçĕн уйрăм енĕсем пирки калаçса татăлас пулать тата Корейăра перемири тăвас пулать, тенĕ вăл.

Анчах та тепĕр енĕ юлашки виçĕ кун хушшинче темиçе хутчен те каланă сăлтавсене тепĕр хут кăларса тăратнă. Вăл сăлтавсене Корейăпа Китай делегацийĕ тахçанах сирсе пăрахнă ĕнтĕ. Тепĕр енĕ нимĕнле усăллă сĕнӳ те паман.

Çавăнпа та майăн 12-мĕшĕнчи ларура ĕçсем нимĕн чухлĕ те малалла кайман.

Делегацисен ларăвне икĕ енĕ те майăн 13-мĕшĕнче 11 сехетре пухма йышăннă.

## Франко офицерĕсем Хĕвеланăç Германире

БЕРЛИН, майăн 13-мĕшĕ. (ТАСС). АДН агентстви пĕлтернĕ тăрăх, Франко генералĕсен пĕр ушкăнĕ юлашки эрне хушшинче Америкăн Хĕвеланăç Германири сооруженийĕсене пăхса çӳренĕ. Офицерсем уйрăмах Рейнланд-Пфальцри аэродромсемпе тата базăсемпе интересленнĕ. Офицерсенчен пĕри каласа панă тăрăх, вĕсене пуринчен ытла çар аэродромĕсен строительстви тата вĕсене мĕнле майпа туни интереслентернĕ, мĕншĕн тесен франкистла Испанире те часах Америкăн çакăн пек сывлăш-çар базисене тума тытăнмалла пулать. Франко офицерĕсен ушкăнĕнче инженер-строительсем те пулнă. Вĕсем самолетсем вĕçсе хăпармалли тата анса лармалли вырăнсемпе паллашнă.

### УЛТĂ АВТОНОМИЛЛĔ РЕСПУБЛИКĂРИ ÇĂМĂЛ АТЛЕТСЕН ĂМĂРТĂВĔ ПУÇЛАНЧĔ

Шупашкарти «Молния» спорт обществи стадионĕ çак кунсенче уйрăмах илемлĕн курăнать. Хĕрлĕ ялавсем вĕлкĕшеççĕ, музыка выляни илтĕнет. Стадиона плакатсемпе, лозунгсемпе илемлетнĕ, спорт çитĕнĕвне кăтартакан тĕрлĕрен витринăсем нумай.

Кунта ĕнер ултă автономиллĕ республикăри — Тутар, Пушкăрт, Удмурт, Чăваш, Мордва тата Мари АССР-ĕсенчи çăмăл атлетсен сборнăй командисен ăмăртăвĕсем пуçланчĕç. Ăмăртусене хутшăнма пурĕ 100 спортсмен ытла пухăннă. Вĕсем хушшинче автономиллĕ республикăсенчен килнĕ пултаруллă спортсменсем пур. Вĕсем — Тутар республикин чемпионĕ Николай Колчин (вăл иртнĕ çул Совет Союзĕнчи çăмăл атлетсен ăмăртăвĕнче иккĕмĕш вырăн йышăннă), Удмурт АССР-ĕнчен килнĕ 5.000 тата 10.000 метр чупса республика чемпионĕн ятне илнĕ В. Шарычев, 3.000 метр чупса Удмурт республикин чемпионĕ ятне илнĕ Костромин, хамăр республикăри — РСФСР-ти «Колхозник» спорт обществин чемпионĕпе рекордсменĕ Рассых Бикчурин, «Колхозник» спорт обществин чемпионĕ Р. Камалтдинов, Г. Юрьева, Е. Токарева, Л. Емельянова, Е. Мишенькина тата ыттисем те.

Çăмăл атлетсен ăмăртăвне курма хулари çынсем нумай пухăннă.

Ăмăрту ирхине 11 сехетре, хĕрарăмсем 100 метр ăмăртса чупнипе пуçланчĕ. Ку дистанцире ăмăртăва пурĕ 11 спортсменка хутшăнчĕç. 100 метр хушшине Антонова (Чăваш АССР-ĕнчен) — 13,6 секундра, Люкшина (Тутар АССР-ĕнчен)—13,8 секундра, Карабашкина (Мари АССР-ĕнчен) — 14,2 секундра тата Мишенькина (Чăваш АССР-ĕнчен — 14,2 секундра чупса тухса, юлашки тĕлпулура (финалра) чупма тивĕçлĕ пулчĕç.

Ун хыççăн арçынсем 100 метр ăмăртса чупрĕç. Ăмăртăва хутшăннă 15 спортсменран тăваттăшĕ лайăх результатсем кăтартрĕç. Вĕсем — Чăваш АССР-ĕн представителĕ Скворцов (12,0 секунд), Тутар АССР-ĕн представителĕ Павлов (12,0 секунд), Пушкăрт АССР-ĕн представителĕ Гадельшин (12,0 секунд) тата Мордва АССР-ĕн представителĕ Аникин (12,1 секунд). Çак спортсменсем юлашки тĕлпулăва (финала) тухрĕç.

100 метр чупас енĕпе ăмăрту пынă вăхăтрах, арçынсем вăрăм шалчапа сиксе тĕлĕшпе тата хĕрарăмсем диск ывăтас енĕпе ăмăртрĕç. Вăрăм шалчапа сиксе каçмалли ăмăртăва çичĕ спортсмен хутшăнчĕç. Уйрăмах Тутар АССР-ĕн чемпионĕ Колчин, Чăваш АССР-ĕн спортсменĕ Матвеев тата Мари АССР-ĕн спортсменĕ Юрьев хушшинче вăйлă кĕрешӳ пычĕ. 3 метр та 35 сантиметр çӳлĕшне вăрăм шалчапа сиксе каçса, Н. Колчин çĕнтерчĕ.

Хĕрарăмсем хушшинче диск ывăтас енĕпе пынă ăмăртура Чăваш АССР-ĕн пултаруллă спортсменки Е. Токарева лайăх тĕслĕх кăтартрĕ. Вăл диска 37 метр та 14 сантиметр ывăтса, Тутар АССР-ĕн командинчи вăйлă спортсменкăсене Забарскаяпа Петровăна кая хăварчĕ. Çапла вара, Токарева юлташ диск ывăтас тĕлĕшпе республикăн çĕнĕ рекордне турĕ.

Каçхине ултă сехетре çăмăл атлетсен ăмăртăвне хутшăнакан физкультурниксен парачĕ пулчĕ. Ăмăрту тата тепĕр икĕ кун пырать.

## ПĔЛТЕРНИ

**Майăн 15-мĕшĕнче, 19 сехетре, КПСС хула комитечĕн библиотека çуртĕнче И. В. Сталинăн «СССР Союзĕнчи социализмăн экономикăлла проблемисем» ятлă произведенине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсене валли лекци пулать. Тема: «И. В. Сталин империализм лагерĕнчи хирĕçӳсем вăйланса пыни тата капитализмла çĕршывсем хушшинче вăрçă пурпĕрех пуласси çинчен».**

**Лектор—В. А. Нестеров юлташ.**

*„Коммунизм ялавĕн“ çитес номерĕ майăн 17-мĕшĕнче тухать.*

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСĔ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителĕ—3-99, ответлă секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайĕ—5-74, информаци пайĕ—5-74, парти пурнăç пайĕ—3-99, ял хуçалăх пайĕ—3-97, культура пайĕ—8-61, совет строительстви пайĕ—8-61, çырусен пайĕ—7-32, издательство кантурĕ—0-23.

НТ 01128 Типография № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.